ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Январь
28
ЮНКУН
№ 19 (8928)

35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# 1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси мĕнле пыни çинчен

### *КПСС Чăваш обкомĕн III-мĕш пленумĕ йышăннă постановлени*

Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ Мартынов юлташ «1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси мĕнле пыни çинчен» тунă доклада итлесе сÿтсе явнă хыççăн, КПСС Чăваш обкомĕн III-мĕш пленумĕ республикăри колхозсенче çуракине хатĕрленесси тата выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси питĕ çителĕксĕр пулса пынине палăртать.

Парти райкомĕсем тата райисполкомсем нумайăшĕ, Ялхуçалăх министерствипе унăн органĕсем те çуракине ирттерме лайăх хатĕрленни тата выльăх-чĕрлĕхе йĕркеллĕ хĕл каçарни партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă тĕп задачăна—ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне ÿстерессине, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстерессине пурнăçлама чи кирлĕ условипулса тăнине çителĕклĕ хакламаççĕ.

Республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене хăвăртрах тата лайăх юсамалла тума, вăрлăх çителĕклĕ хывса, ăна акма юрăхлă туса çитерме, хĕллехи агротехникăллă ĕçсене пурнăçлама çителĕклĕ мерăсем йышăнман.

Январĕн 20-мĕшĕ тĕлне республикăра кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра тракторсемпе ытти машинăсем юсамалли плана çакăн чухлĕ çеç тултарнă: тракторсем—44,9 процент, плугсем—49,1 процент, сеялкăсем—58,8 процент тата культиваторсем—54,4 процент юсанă. Тракторсем юсас ĕçе Хĕрлĕ Чутай, Сиява, Красноармейски, Ишлей тата Етĕрне МТС-ĕсенче уйрăмах япăх организациленĕ. МТС-сенче тракторсем юсас ĕçе организацилемелли малта пыракан узловой меслет сахал сарăлнă, машинăсене япăх юсаççĕ, горючи тата сĕрмелли çусем шÿрсе килме мерăсем йышăнман, механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлессине тата халĕ ĕçлекенсене малалла вĕрентессине çителĕксĕр организациленĕ. Нумай МТС-сенче тракторсене, комбайнсене тата ытти ялхуçалăх машинисене сыхласа усрассине тимлĕ пăхмаççĕ.

«Автотракторосбытăн» тата «Сельхозснабăн» Чăваш республикинчи кантурĕсем питĕ çителĕксĕр ĕçлеççĕ, МТС-сене запаслă пайсемпе материалсем парса тăрас ĕçе япăх тăваççĕ. Канашри моторсем юсакан завод çителĕксĕр ĕçлет.

Çураки валли вăрлăх хатĕрлес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Чылай колхозсенче халĕ те тĕштырăсене, йĕтĕн тата вăрлăхлăх акса тунă курăксене çапса пĕтермен. Республикăра çуркунне лартма çĕрулми, нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăк вăрлăхĕсем, йĕтĕнпе кантăр вăрлăхĕ хатĕрлесе çитермен. Сĕрпÿ, Куславкка, Пăрачкав, Кувакино, Тăвай районĕсенче вăрлăх хывас ĕç уйрăмах çителĕксĕр пырать. Нумай колхозсенче вăрлăха сортлас, акма юрăхлă туса çитерес ĕçе организацилемен, сортлă вăрлăхсем улăштарса илес ĕçе япăх туса пыраççĕ.

Хĕллехи агротехникăллă ĕçсене: юр тытассине, тислĕк, торф тата ытти вырăнти удобренисем хатĕрлесе уя кăларассине çителĕксĕр туса пыраççĕ. Минераллă удобренисем кÿрсе килмелли план тулса пымасть.

Лашасене çурхине хатĕрлес тата лашапа ĕçлеме кирлĕ инвентаре хатĕрлес енĕпе те çитменлĕхсем пур. Чăвашпотребсоюз ялхуçалăх машинисемпе лаша кÿлмелли хатĕрсене юсама сортлă тимĕрпе ытти япаласем çителĕклĕ кÿрсе килмест.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, выльăхсене хĕл каçарас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Партин Центральнăй Комитечĕ республикăра обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кая юлнине пĕтерме хушни питĕ çителĕксĕр пурнăçланса пырать. 1952 çулта республика обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне пĕр йышши выльăх енĕпе те тата кайăк-кĕшĕксем енĕпе те тултарман, майракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен йышĕ вара, 1952 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнипе танлаштарсан, чакнă.

Фермăсенче çамрăк выльăхсене пăхса ÿстерсе, обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне нумайлатасси çине тимсĕр пăхаççĕ, ама выльăхсем нумай хĕсĕр юлаççĕ, выльăхсем вилеççĕ, çавăн пекех тата выльăхсене, уйрăмах çамрăккисене, салатса пĕтереççĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли планлă заданисем питĕ çителĕксĕр пурнăçланса пыраççĕ. 1952 çулта сăвакан кашни ĕнерен вăтамран 739 литр çеç сĕт суса илнĕ, кашни сурăхран 1,6 килограмм çеç çăм касса илнĕ, кашни чăхран 34 çăмарта çеç илнĕ.

Куславкка, Октябрьски, Шупашкар, Ишлей, Йĕпреç, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе уйрăмах çителĕксĕр ертсе пыраççĕ.

Республикăн Ялхуçалăх министерстви, парти райкомĕсемпе райисполкомсем нумайăшĕ выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçармалла тума мерăсем йышăнман.

Республикăри нумай колхозсенче, выльăх-чĕрлĕх çурчĕсем çĕнĕрен тумалли тата киввисене юсамалли плана тултарман пирки, выльăхсене тăвăр тата ăшăтман витесенче усраççĕ, уйрăм колхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕхе колхозниксен килĕсенче усрани те пур.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли утă-улăм, сĕтеклĕ тата тутă тытакан апатсем çителĕксĕр хатĕрленĕ. Пур пек апата та хуçасăрла тата шута илмесĕр расходлаççĕ, вĕтетсе тата çемçетсе хатĕрлемесĕрех выльăх ури айне пăрахса параççĕ. МТС-сем выльăх апатне вĕтетсе хатĕрлес ĕçре колхозсене пулăшмаççĕ. Вырăнти промышленность предприятийĕсем колхозсем валли кормозапарниксем тумалли заказсене япăх пурнăçлаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçе организацилес тата ĕçшĕн тÿлес енĕпе пысăк çитменлĕхсем пур, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри кадрсем час-часах улшăнса тăраççĕ, выльăхсене пăхас ĕçре обезличкăна пĕтермен, хĕллехи вăхăтра фермăсенче ĕçлеме колхозниксем çителĕклĕ уйăрса паман. Чылай колхозсенчи фермăсенче дежурство организацилемен, витесем патĕнче, уйрăмах çĕрлехи вăхăтра, хурал тăмаççĕ.

Нумай районсенче колхозсене ветеринарипе зоотехника енĕпе пулăшассине çителĕксĕр йĕркеленĕ.

Республикăра выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарассине çакнашкал япăх йĕркеленĕ пирки выльăхсем вилнине пула вĕсен йышĕ нумай чакма тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ чакма пултарать.

КПСС райкомĕсем колхозсенчи ĕçсемшĕн унти парторганизацисем ответлă пулассине тата вĕсен рольне ÿстерсе пымаççĕ, вĕсене çуракине хатĕрленес тата выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерсе пыма кăтартса памаççĕ.

КПСС Обкомĕн пленумĕ çапла шутлать: 1953 çулхи çуракине хатĕрленес тата выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарассине организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулни КПСС обкомĕн бюровĕ, республикăн Министрсен Совечĕ республикăн Ялхуçалăх министерствин ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе килĕшсе тăнинчен, КПСС райкомĕсемпе райисполкомсем нумайăшĕ çуракине хатĕрленес ĕçе лайăхлатма тата республикăра выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçармалла тума кирлĕ мерăсем йышăнманнинчен килет.

КПСС обкомĕн III-мĕш пленумĕ çапла йышăнать:

1. 1953 çулхи çуракине кăтартуллă хатĕрленсе çитесси, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарасси, çапла вара КПСС XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панă тăрăх 1953 çулта ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне малалла ÿстересси, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстересси республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен чи пысăк задачи пулса тăрать, тесе шутлас.

2. КПСС обкомĕн бюровне тата райкомсене, республикăн Министрсен Советне тата райисполкомсене, республикăн Ялхуçалăх министерствине колхозсене, МТС-семпе совхозсене çуракине пур енĕпе те вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрлесе çитерме хушас.

МТС-семпе колхозсенче тракторсем тата ялхуçалăх машинисем юсас ĕçе хăвăртлатма мерăсем йышăнмалла. Çак ĕçе Правительство кăтартса панă срокра — 1953 çулхи апрелĕн 10-мĕшĕ тĕлне туса пĕтермелле. Тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене питĕ лайăх юсассине пурнăçа кĕртмелле. Машинăсене МТС-сен мастерскойĕсенчен гарантиллĕ паспорт панă хыççăн тин кăлармалла. Машинăпа трактор паркне сыхласа усрассишĕн МТС-семпе совхозсенчи работниксен ответлăхне ÿстермелле, тракторсене, ялхуçалăх машинисене тата ытти оборудование сыхласа усрас ĕçри хуçасăрлăха хирĕç кĕрешмелле.

«Автотракторосбытăн» тата «Сельхозснабăн» Чăваш республикинчи кантурĕсене тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсама кирлĕ пулакан запаслă пайсемпе материалсем вăхăтра кÿрсе килме хушас.

Республикăн Ялхуçалăх министерствине Канашри моторсем юсакан завод мĕншĕн япăх ĕçленин сăлтавĕсене палăртма, моторсене вăхăтра тата питĕ лайăх юсамалла тума хушас.

3. КПСС райкомĕсене тата райисполкомсене, республикăн Ялхуçалăх министерствипе МТС-сен директорĕсене мартăн 1-мĕшĕччен трактор бригадисенче яланах ĕçлеме кадрсем тупса çитерме, трактор бригадисен составне парти райкомĕсенче çирĕплетме хушас. Механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлемелли тата халĕ ĕçлекеннисене малалла вĕрентмелли плана пĕтĕмпех тултарса çитерес пулать. МТС-сем çумĕнчи курссемпе механизаци шкулĕсенче вĕрентессине лайăхлатмалла. Çураки ĕçĕсем пуçланиччен кашни трактор бригади валли уя илсе тухмалли вагонсем хатĕрлемелле, унта мĕн кирлине пĕтĕмпех тупса памалла.

МТС-сем 1953 çул валли колхозсемпе договор тăвассине тата çав договорсене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче çирĕплетессине мартăн 1-мĕшĕнчен кая юлмасăр туса çитермелле. Договорсем тăвас умĕн парти райкомĕсемпе райисполкомсен тракторсемпе мĕн чухлĕ ĕç тумаллине тата кашни трактор бригадинче миçе трактор пулмаллине, трактор бригадисем хăш колхозсенче ĕçлемеллине пăхса тухмалла, çакна МТС-сен ĕçне колхоз производствин пур отраслĕсенче те малалла сарса пымаллине асра тытса тумалла.

4. Республикăн Ялхуçалăх министерствине, райкомсене тата райисполкомсене февралĕн 10-мĕшĕ тĕлне вăрлăх фончĕсем хывса çитермелле тума хушас, çапла вара кашни колхозăн тата совхозăн 1953 çулхи çуркунне çуртыррисем акмалли плана кашни культура тăрăх пĕтĕмпех тултарса çитерме хăйсем хатĕрленĕ паха вăрлăх çителĕклĕ пултăр. Вăрлăхсене кăтартса панă срокра тасатмалла тата акма юрăхлă туса çитернине тĕрĕслемелле. Хатĕрленĕ вăрлăха тĕрĕс сыхласа усранине çирĕп контроль туса тăмалла, вăрлăха урăх çĕре салатма памалла мар.

Колхозсем пĕр-пĕринчен вăрлăх улăштарса илессине, çавăн пекех тата колхозсем сортсăр вăрлăх парса, государство склачĕсенчен сортлă вăрлăх илессине организацилемелле, çапла вара 1953 çулта çуртыррисене пĕтĕмпех сортлă вăрлăхпа акса хăвармалла пултăр.

Тĕштырăсемпе вăрлăхлăх акса тунă курăксене çапас ĕçе çывăх вăхăтрах туса пĕтермелле.

5. КПСС обкомĕн пленумĕ нумай районсенче парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем техникăллă культурăсем—йĕтĕн, кантăр тата махорка акса тăвасси çине тĕрĕс мар пăхнине сивлет тата обком бюровне, республикăн Министрсен Советне, парти райкомĕсене, райисполкомсене тата республикăн Ялхуçалăх министерствине çавăн пек сиенлĕ практикăна пĕтерме хушать. Çитес кунсенче йĕтĕнпе кантăра çапас ĕçе вĕçлемелле, техникăллă культурăсен вăрлăхĕсене хывса çитермелле, кăçал çав культурăсене акмалли плана пĕтĕмпех тултарса пысăк тухăçлă техникăллă культурăсем туса илмелле. Çавăн пекех тата 1953 çулта пухса кĕртнĕ йĕтĕнпе кантăр çурăмĕсем ахаль пĕтессинчен сыхланма, вĕсене вăхăтра государствăна пама мерăсем йышăнмалла.

6 КПСС обкомĕн пленумĕ парти, совет тата ялхуçалăх органĕсене мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерес ĕçре вырăнти удобренисемпе тата минераллă удобренисемпе усă курни пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен асăрхаттарать тата республикăн Ялхуçалăх министерствине, КПСС райкомĕсемпе райисполкомсене кашни колхоз тата совхоз тислĕк, торф тата ытти удобренисем хатĕрлесе уя кăлармалли плансене пĕтĕмпех тултармалла тума, колхозсене минераллă удобренисем вăхăтра кÿрсе килме, çав удобренисене лайăх сыхласа усрама тата вĕсемпе тĕрĕс усă курма, çавăн пекех тата кашни колхозра тата совхозра юр тытса хăвармалли заданисене пурнăçламалла тума хушать.

7. КПСС райкомĕсемпе райисполкомсене тата Ялхуçалăх министерствине çуркуннехи уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен кашни МТС, кашни колхоз тата совхоз çуракине мĕнле хатĕрленсе çитнине тĕрĕслесе тухма, тĕрĕсленĕ чухне палăрнă çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме мерăсем йышăнма хушас.

8. Республикăн Ялхуçалăх министерствине, парти райкомĕсене тата райисполкомсене МТС-семпе совхозсенче производствăпа финанс планĕсене, колхозсенче производство планĕсемпе тупăш-расход сметисене вăхăтра туса çитермелле, тума, çавăн пекех тата бригадăсемпе выльăх-чĕрлĕх фермисене производство заданийĕсем вăхăтра çитерсе памалла тума, çав заданисенче тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли мерăсене палăртса хума хушас.

Производство бригадисем тата производство бригадисен составĕнчи техникăллă культурăсемпе пропашной культурăсем акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен звеносем колхозсенче ĕçе организацилемелли тĕп форма пулса тăнине асра тытса, производство бригадисене малалла çирĕплетме мерăсем йышăнмалла, колхозсен производство бригадисемпе МТС-сен трактор бригадисен ĕçне тĕрĕс çыхăнтарса пымалла.

Колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче ĕçе лайăх организацилесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Çуркуннехи уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен колхозсенче ĕç нормисене тепĕр хут пăхса тухмалла, çак ĕçе тунă чухне техникăпа хĕçпăшалланни ÿснине тата малта пыракан колхозсемпе колхозниксем ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсене асра тытмалла.

9. КПСС обкомĕн бюровне, республикăн Министрсен Советне, Ялхуçалăх министерствине, парти райкомĕсене тата райисполкомсене ялхуçалăх пропагандине лайăхлатма тата наука çитĕнĕвĕсемпе малта пыракансен опытне мĕнпур колхозсене, МТС-семпе совхозсене сарма мерăсем йышăнма хушас. Агрозоотехника курсĕсен ĕçне, çавăн пекех колхозсене агрономи, ветеринари тата зоотехника енĕпе пулăшассине лайăхлатса пымалла.

10. КПСС обкомĕн бюровне, республикăн Министрсен Советне, Ялхуçалăх министерствине, парти райкомĕсене тата райисполкомсене обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ертсе пырассине татăклăнах лайăхлатма, чылай районсенче парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен хăшпĕр руководителĕсем, хăшпĕр МТС директорĕсем тата колхоз председателĕсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине çителĕклĕ хакламаннине тата çак ĕçре ответлăха туйманнине пĕтерме хушас. 1953 çулта обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли тата мĕнпур выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕксен тухăçлăхне ÿстермелли государство планне кашни колхоз тăрăх пĕтĕмпех тултарса çитермелле.

КПСС Чăваш обкомĕн бюровĕпе Министрсен Советне Куславкка, Октябрьски, Шупашкар, Ишлей, Йĕпреç тата Сĕнтĕрвăрри районĕсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре юлса пынин сăлтавĕсене палăртма тата çав районсем юлса пынине пĕтерме мерăсем йышăнма хушас.

11. КПСС обкомĕн бюровне, республикăн Министрсен Советне, парти райкомĕсене, райисполкомсене тата Ялхуçалăх министерствине выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçри пысăк çитменлĕхсене халех пĕтерме тата обществăллă выльăх-чĕрлĕхе пĕтĕмпех сыхласа хăвармалла тума, хĕллехи вăхăтра выльăх-чĕрлĕх ырханланса каяссине тата унăн тухăçлăхĕ чакассине сирсе яма хушас,—çак ĕçе пурнăçласси парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен, колхоз правленийĕсемпе колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен чи кирлĕ задачи пулса тăрать, тесе шутлас.

12. Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствине, КПСС райкомĕсене тата райисполкомсене выльăх апачĕ çитмен колхозсенче выльăх апачĕ тупма мерăсем йышăнма хушас. Колхозсенче выльăх апатне вĕтетсе тата çемçетсе выльăхсене çитерме хатĕрлессине организацилемелле. Колхозсенче выльăх апатне çирĕп учета илсе, лайăх сыхласа усрамалла, çавăн пекех тата выльăх апатне тĕрĕс, перекетлĕ расходланине тĕрĕслесе тăмалла.

Ялхуçалăх специалисчĕсен, колхоз правленийĕсемпе ревизи комиссийĕсен вăйĕпе колхозсенче утă-улăма, сĕтеклĕ тата уйрăмах тутă тытакан апатсене мĕнле расходланине уйăхра икĕ хутран кая мар тĕрĕслесе тухмалла. Тĕрĕслесе тухнин результачĕсене колхоз правленийĕсен ларăвĕсенче пăхса тухмалла.

МТС директорĕсене колхозсем валли утă-улăм вĕтетсе хатĕрлемелли плана пĕтĕмпех тултарма, колхозсене выльăх апатне вĕтетсе тата çемçетсе хатĕрлемелли машинăсене вырнаçтарса лартма тата вĕсемпе усă курма пулăшу пама хушас.

Вырăнти промышленность министерствин колхозсем валли кормозапарниксем туса памалли заказсене вăхăтра пурнăçламалла.

13. КПСС райкомĕсене тата райисполкомсене колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри кадрсем улшăнса тăнине тата выльăхсене пăхас ĕçри обезличкăна пĕтерме, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ялан ĕçлекен кадрсем пулмалла тума, фермăсенче ĕçе организацилессине тата тунă ĕçе шута илсе пырассине лайăхлатма, планлă заданисене ирттерсе тултарнăшăн колхозниксене хушса тÿлессине тата закон кăтартса панă ытти майсемпе хавхалантарассине вăхăтра туса пыма хушас. Хĕллехи вăхăтра фермăсем валли выльăх апачĕ турттарма тата выльăх апатне вĕтетсе е çемçетсе хатĕрлеме, шыв кÿме, топливо кÿрсе килме тата ытти ĕçсене тума колхозниксем хушса уйăрса памалла. Колхозсенче талăкĕпех, уйрăмах çĕрлехи вăхăтра, дежурнăйсем тата хуралçăсем пулмалла.

14. Республикăра выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне малалла ÿстерсе пырас тĕллевпе КПСС обкомĕн бюровне, Министрсен Советне, парти райкомĕсене тата райисполкомсене, Ялхуçалăх министерствине, МТС директорĕсене çак ĕçсене тума хушас:

а) выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕç вăйĕ нумай тухакан ĕçсене, уйрăмах шыв парса тăрас тата выльăх апатне выльăхсене çитерме хатĕрлес ĕçе механизацилессине вăйлатмалла. Колхоз производствинче электроэнергипе усă курассине лайăхлатса пымалла;

б) колхозсенче выльăх-чĕрлĕх çурчĕсем тумалли плансене пĕтĕмпех тултармалла, строительство ĕçĕсене сезонлă туса пынине пĕтермелле. Кашни колхозра строительство бригадисем тумалла, çав бригадăсенче ĕçлеме колхозниксем çителĕклĕ уйăрмалла, кашни бригадăна строительство материалĕсем хатĕрлесе кÿрсе килме, выльăх-чĕрлĕх çурчĕсене юсама тата çĕнĕрен тума заданисем памалла;

в) выльăх апачĕ тумалли культурăсем ытларах акма тата вĕсен тухăçлăхне ÿстерме мерăсем йышăнмалла. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлемелле. Выльăх апачĕ акса тăвакан бригадăсене çирĕплетмелле. Выльăх апачĕ акса тăвас ĕçе ытларах механизацилемелле.

15. Чăвашпотребсоюза выльăх-чĕрлĕх çурчĕсене юсама тата çĕнĕрен тума кирлĕ строительство материалĕсем çителĕклĕ кÿрсе килме, ялхуçалăх машинисемпе транспорт хатĕрĕсене юсама сортлă тимĕр, çавăн пекех тата колхозсем валли лаша кÿлмелли хатĕрсем çителĕклĕ сутмалла тума хушас.

16. КПСС обкомĕн бюровне тата райкомсене колхозсемпе МТС-сенчи парторганизацисен ĕçне лайăхлатма, коммунистсене колхоз производствин ĕçе татса паракан участокĕсене тĕрĕс вырнаçтарса тухма, парторганизацисем колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетессишĕн ĕçлесе пымалла тума хушас. Ялта массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатмалла, çак ĕçĕн идейăллă шайне ÿстермелле. Çуракине вăхăтра тата лайăх хатĕрленсе çитессишĕн тата вăхăтра ирттерессишĕн, çавăн пекех тата выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарассишĕн колхозниксемпе механизаторсен социализмлă ăмăртăвне анлăн сарса пымалла.

17. Республикăри тата районсенчи хаçатсен редакцийĕсене колхозсем, совхозсем тата МТС-сем çуракине хатĕрленес тата выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе мĕнле туса пыни çинчен хаçатсенче тăтăшах çутатса тăма хушас.

* * *

КПСС обкомĕн пленумĕ республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсене, мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене, МТС-семпе совхозсенчи работниксене, ялхуçалăх специалисчĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене анăçлă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме, çуракине лайăх хатĕрленсе ирттермелле тума, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçармалла тума чĕнсе калать.

## СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

### БЕТОН ЗАВОЧĔСЕМ

СТАВРОПОЛЬ (Куйбышев облаçĕ), январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев гидроэлектростанцине тунă çĕрте кăçал бетон хурас ĕç анлăн сарăлса каять. Гидротехникăллă тĕп сооруженисене тунă çĕрте миллион кубометр ытла бетон хумалла.

Атăл леш енче — Телячий утрав текен вырăнти автоматизациленĕ икĕ бетон завочĕ тума тытăннă. Çав заводсем кашни талăкра 4 пин кубометр таран бетон хатĕрлеме пултараççĕ. Заводсен çурчĕсене тата цемент склачĕсене тунă çĕрте 2 пин кубометра яхăн бетон хунă.

Куйбышев гидроэлектростанцине тунă çĕрте мĕн пурĕ 7 миллион кубометра яхăн бетон хумалла. Бетон хатĕрлеме автоматизациленĕ 10 завод лартаççĕ, вĕсен талăкра 20 пин кубометр таран бетон хатĕрлемелле пулать. Атăлăн сулахай енче çавăн пек заводсенчен пĕри ĕçлеме пуçланă.

Бетон хатĕрлеме миллионшар кубометр вак чул, хăйăр тата цемент кирлĕ. Стройкăра чул кăлармалли 6 карьер организациленĕ. Çавăн пекех тата чул вакламалли темиçе завод тăваççĕ. Вĕсен çулталăкра 4,5 миллион кубометр вак чул хатĕрлемелле пулать.

Бетон хума хатĕрленес ĕçре Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала тунă чухнехи опытпа анлăн усă кураççĕ.

### АТĂЛПА УРАЛ ХУШШИНЧИ КАНАЛ СТРОИТЕЛЬСТВИНЧЕ

ВОЛЖСКИЙ ПОСЕЛОКĔ (Сталинград облаçĕ), январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлпа Урал хушшинчи канал строительствинче экскаваторсем ĕçлекен участок коллективĕ çĕнĕ çул пуçланнă кунсенчех çĕр чавмалли хăватлă техникăпа лайăх усă курассишĕн ăмăрту пуçарса янă. Социализмлă ăмăртăва Атăлпа Дон хушшинчи канал тунă çĕрте ĕçленĕ Социализмлă Ĕç Геройĕ Д. Слепуха пуçарнă. Вăл сĕннипе механизаторсен комплекслă бригадине организациленĕ. Комплекслă бригадăна вăл ертсе пыракан экскаватор экипажĕ тата автосамосвалсемпе ĕçлекенсен. Ю. Пронин комсомолец ертсе пыракан бригади кĕреççĕ.

Ăмăртăва паллă машинистсем И. Нечаев, И. Поляков тата И. Елисеев ертсе пыракан экскаваторсен экипажĕсем те хутшăннă.

Механизаторсем машинăсемпе пысăк тухăçлăхпа ĕçлеççĕ. Январь уйăхĕнче «Уралец» экскаватор машинисчĕсем пурте сменăра 3-шер пин кубометр тăпра чавса кăларнă. Ку вăл çак машинăпа хĕллехи вăхăтра чи пысăк тухăçлăхпа ĕçлени пулать.

### ÇУРТЫРРИСЕН КАЛЧИСЕМ ЛАЙĂХ ÜСЕÇÇĔ

Таджикистанри колхозсем çураки ĕçĕсене анăçлă туса пыраççĕ. Пĕлтĕр çак вăхăт тĕлне акнипе танлаштарсан, тулă, урпа, вăрринчен çу кăлармалли йĕтĕн ултă хут ытларах акнă.

Куляб облаçĕнче, Вахш тата Кафирниган айлăмĕсенче çуртыррисем парка шăтса тухнă. Кировабад, Московски, Даганкиик тата ытти районсенче те çуртыррисен калчисем питĕ лайăх ÿсеççĕ. Унта çуртыррисене ансăр ретпе тата хĕреслĕ майпа акса хăварнă.

### КĂÇАЛ ÜСТЕРНĔ ПАХЧА ÇИМĔÇСЕМ СУТАÇÇĔ

КУРГАН-ТЮБЕ (Таджик ССР-ĕ), январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Таджикистанри Вахш тата Кафирниган айлăмĕсенче питĕ ăшă çанталăк тăрать. Уй-хирсем сипсимĕс курăнаççĕ, кĕртыррисем хăвăрт ÿсеççĕ.

Курган-Тюбе, Шаартуз, Кагановичабад, Куйбышевск, Кировабад хулисенчи колхоз пасарĕсенче сутма колхозсем симĕс сухан, редис тата петрушка илсе тухма пуçланă.

### ТУМТИР НУМАЙРАХ ТУСА КĂЛАРМА ПУÇЛАÇÇĔ

СССР Çăмăл промышленность министерствин кĕпе-тумтир çĕлекен предприятийĕсем кăçалхи çул çĕнĕ тумтир нумайрах туса кăларма тытăнаççĕ. Тумтирсен ассортименчĕ пысăкрах пулать. Костюмсемпе пальто 15—18 процент ытларах, хĕрарăмсем валли пурçăн кĕпесем 26 процент ытларах çĕлесе кăларма йышăннă.

Резиналанă пурçăн пиртен çĕленĕ плащсем 1,5 хут тата çулла тăхăнмалли çăмăл пальто 40 процент ытларах çĕлесе кăлараççĕ. Хĕрарăмсем валли тĕрлĕрен кĕпе-тумтир нумайрах çĕлесе кăлараççĕ.

Çăм пир-авăр тата пурçăн пир-авăр ассортименчĕ ÿсет, çав пир-авăртан кĕпе-тумтир çĕлесе кăлараççĕ.

Кĕпе-тумтир çĕлекен нумай предприятисенче пĕр вăхăтрах темиçе тĕрлĕ кĕпе-тумтир çĕлемелли конвейерсем ĕçе кĕреççĕ. Ку вăл çĕнĕ йышши кĕпе-тумтир хăвăртрах çĕлеме тытăнма, сезонра мĕн кирлине вăхăтра туса пама май парать.

# КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН III-мĕш ПЛЕНУМĔ

## 1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси мĕнле пыни çинчен

Иккĕмĕш ыйтупа—1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси мĕнле пыни çинчен КПСС обкомĕн пленумĕнче Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ Г. А. Мартынов юлташ доклад туса панă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсенче, тет докладчик, çапла каланă: ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне ӳстересси, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстерессси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса, çĕр ĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине тата таварлă продукцине ӳстерессси ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать.

Анчах та, 1952 çулхи итогсем кăтартса панă тăрăх, пирĕн республикăра çак задача çителĕксĕр пурнăçланса пырать. Республикăри колхозсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне тултарман. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстермелли плана та тултараймаи. Нумай районсемпе колхозсем ялхуçалăх ĕçĕсене вăраха ячĕç, уйрăмах тырпул пухса кĕртес, авăн çапас ĕçсене вăрăма тăсрĕç, тăкаксем нумай турĕç.

Парти обкомĕн VIII-мĕш пленумĕ ялхуçалăх ĕçĕсене механизацилессине, машина-трактор станцисен ĕçне лайăхлатас тата выльăх апатне каякан культурăсемпе техникăллă культурăсем акакан çĕр лаптăкне пысăклатас енĕпе йышăннă решени пурнăçа çителĕксĕр кĕрсе пырать.

Çĕрĕç культурине татăклăн ӳстерме тата малта пыракансен опычĕпе агробиологи наукин çитĕнĕвĕсене колхоз производствине пурнăçа кĕртме республикăра халĕ те тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Колхозсен обществăллă хуçалăхне хăвăртрах тата нумай енлĕ аталантарма шалти резервсемпе тата мĕнпур пек майсемпе начар усă курасçĕ. Пысăк ĕç ресурсĕсемпе колхозсенче халĕ те питĕ çителĕксĕр усă курассĕ.

Çав мĕнпур çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле, ялхуçалăхне аталантарас ĕçе ертсе пырассине вăйлатмалла.

1953 çулхи планпа республикăри ялхуçалăх умне пысăк, ответлă задачăсем кăларса тăратнă. Пирĕн паха йышши культурăсем акакан çĕр лаптăкне чылай ӳстермелле, вăл шутран кĕрхи тулă акакан лаптăка 80 процент ӳстермелле, кантăр—74 процент, йĕтĕн-долгунец — 28 процент, выльăх апачĕ валли каякан культурăсем—36,8 процент, пахча çимĕç—5,2 процент; тĕштырăсен тухăçлăхне, 1952 çулта туса илнипе танлаштарсан, 26 процентран кая мар ӳстермелле. Йĕтĕн, кантăр, махорка, çĕрулми, выльăх апачĕлĕх акакан культурăсен, уя акакан курăксен тата ытти культурăсен тухăçлăхне те татăклăн ӳстермелле.

Пысăк тухăçлă тырпул туса илес ĕçре çураки тĕп вырăн йышăнать. Çавăнпа та ĕнтĕ ялхуçалăх, партипе совет органĕсем умĕнче тăракан пысăк задача вăл—колхозсене, МТС-сене тата совхозсене çуракине иртерме тĕплĕн хатĕрлесе çитерессси пулать.

Çуракине йĕркеллĕ тата кĕске срокра, пысăк пахалăхпа иртерессси, пуринчен малтан, МТС-сенчи техникăна пысăк пахалăхпа тата вăхăтра юсаса хатĕрленинчен килет.

Анчах та нумай МТС-сенче машина-трактор паркне юсас ĕçе çителĕксĕр йĕркеленĕ. Тӳрех калас пулать, тракторсене правительство кăтартса панă срокра юсаса пĕтерес тĕлĕшпе пысăк хăрушлăх пур. Тракторсене кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра юсамалли плана январĕн 20-мĕшĕ тĕлне мĕн пурĕ те 44,9 процент анчах тултарнă.

Машинăсене юсас ĕçе уйрăмах Хĕрлĕ Чутай, Етĕрне, Красноармейски, Сиява, Сĕнтĕрвăрри тата Ишлей МТС-ĕсенче начар йĕркеленĕ, вĕсем тракторсем юсамалли плана 23—33 процент кăна тултарнă.

Докладчик МТС-сен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене, юсав ĕçĕнче ĕçлекен рабочисем хушшинче дисциплина начар тăнине, уйрăм МТС-сенче тракторсемпе ытти машинăсене начар пахалăхпа юсанине, механизаторсен кадрĕсем хатĕрлес ĕçе çителĕксĕр туса пынине палăртать, МТС работникĕсем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатма, вĕсем валли культурăпа йăла тĕлĕшĕнчен лайăх условисем туса пама, МТС-семпе колхозсем хушшинчи договорсене вăхăтра тума кирли çинчен, МТС директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен, çавăн пекех агрономсемпе механиксен рольне ӳстерме кирли çинчен калать.

Çураки иртерме хатĕрленес ĕçре кашни колхозрах вырăнта пысăк тухăçлă пулакан сортлă паха вăрлăхсем çителĕклĕ пулни паллă вырăн йышăнса тăрать. Вăрлăхсем кашни культура тăрăх государство акма панă плана тултарма çитмелле. Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем ĕçĕн çак участокĕ çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, мĕншĕн тесен вăрлăх фончĕсем хывас тата вăрлăхсене акма хатĕрлес, уйрăмах унăн пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçсем пăлтăрхинчен нумай начартарах пулса пырассĕ. Çапла, лабораторисенче тĕрĕсленĕ мĕнпур вăрлăхран 73 процентĕ кўрĕ пулнă тата тасă пулман пирки, çавăн пекех шăтасăх начар пулнă пирки акма юрăхсăр пулни палăрнă. Апла пулсан та вăрлăхсене акма лайăх хатĕрлесе çитерес тĕлĕшпе нумай колхозсенче ĕçлеместĕ.

Тĕштырăсен вăрлăхне хатĕрлемелли плана республикипе, пĕтĕмĕшпе илсен, тултарнă пулин те, нумай колхозсен вăрлăх çитмест. Вăрлăх фончĕсем тăвасси Çĕрпӳ, Пăрачкав, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Кувакино, Тăвай районĕсенче уйрăмах начар пырать. Чылай районсенче (Октябрьски, Шăмăршă, Ишлей, Шăхасан, Первомайски т. ыт. те) сортлă вăрлăхсем çитмессĕ.

Йĕтĕн тата кантăр вăррисен фондне тăвасси, вĕсене акма хатĕрлесси начар пырать. Январĕн 20-мĕшĕ тĕлне, республикипе илсен, йĕтĕн вăрри 56,5 процент, кантăр вăрри 66,5 процент анчах хатĕрленĕ.

Мĕнпур колхозсем тăрăх пĕтĕм ялхуçалăх культурисем енĕпе акма кирлĕ чухлĕ вăрлăх хатĕрлесе çитерме пĕр тăхтаса тăмасăр мерăсем йышăнмалла.

Мартынов юлташ авăн çапассине хăвăртрах вĕçлесси, техникăллă культурăсем туса илес ĕç çине тимлĕрех пăхасси, çураки валли лашасене, колхозсен машинисене хатĕрлесе çитерессси, висĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенче колхозниксен вĕренĕвне йĕркелесси, колхозсенче производство планĕсем тата тупăшпа расход сметисем тăвасси, тырпул тата выльăх апачĕ туса илмелли пусă çаврăнăшĕсене хăвăртрах йĕркелесе çитерессси, сухалакан сие тарăнлатса пырасси, йӳсĕк тăпрасене извĕслесси, хĕллехи агротехникăллă ĕçсен планне тултарасси çинче тĕплĕн чарăнса тăрать.

Тырпул тухăçлăхне пĕрмай ӳстерсе пырас тесен, тет Мартынов юлташ, колхозсене агрономсем енчен пулăшассине, ялхуçалăх специалисчĕсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла. Сăмах та çук, пирĕн пуçарулла тата опытлă агрономсем, ытти ялхуçалăх специалисчĕсем сахал мар, анчах та колхозсене агрономи енĕпе пулăшу парасси хальхи вăхăтра юлса пырать, вăл тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пирĕн парти лартнă задачăпа тивĕçтереймест. Ялхуçалăх министерстви, парти райкомĕсемпе райисполкомсем специалистсемпе ĕçлессине лайăхлатма, вĕсемпе ытларах канашлама, тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе агротехникăллă ĕçсене пурнăçлас енĕпе специалистсен рольне ӳстерме тивĕçлĕ. Специалистсене канцелярири ĕçсенчен мĕн май килнĕ таран хăтармалла, вĕсен ытларах производствăра — колхозсенче тата трактор бригадисенче пулмалла.

Республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕç мĕнле пыни çинче чарăнса тăрса, докладчик обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать. 1952 çул валли выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстерме панă государство планне продуктивлă пĕр выльăх енĕпе те, çавăн пекех кайăк-кĕшĕк енĕпе те тултарман. Уйрăм районсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕ чакнă.

Нумай колхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли апат тата лайăх çуртйĕрсем хатĕрлеме мерăсем йышăнмассĕ.

Выльăх-чĕрлĕхе начар тăрантарса тата начар пăхса усранине пула, колхозсенче ама выльăхсем хĕсĕр юлассĕ. Акă, Элĕк районĕнчи колхозсенче кашни 100 ĕне пуçне вăтам шутпа 58 пăру, Кувакино районĕнче 100 сурăх пуçне 54 путек, Сĕнтĕрвăрри районĕнче кашни сысна аминчен вăтам шутпа 4,7 çура анчах илнĕ. Нумай колхозсенче çамрăк выльăхсем вилсе пĕтнине тата выльăхсене салатса пĕтернине хирĕç кирлĕ пек кĕрешмессĕ, выльăх-чĕрлĕхе шута илессине çителĕксĕр йĕркеленĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре унăн тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулни—пысăк çитменлĕх. 1952 çулта республикăри колхозсенче вăтам шутпа кашни ĕнерен 739 литр сĕт кăна суса илнĕ, планпа 1.100 литр суса илмелле пулнă. Элĕк, Сĕнтĕрвăрри, Советски, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай тата Октябрьски районĕсенчи колхозсенче вара кашни ĕнерен 546—568 литр çеç сĕт суса илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнипе колхозсем продукци нумай илсе çитерейместĕ, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлаймассĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçрен тупăш ытла та сахал илессĕ.

Докладчик малта пыракан колхозсен—Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсен примерĕсем тăрăх обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ăнăçлăн тултарма, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе колхоз производствин пысăк тупăшлă отраслĕ туса хума май пуррине кăтартса парать.

Республикăри колхозсем 1953 çулта выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне чылай ӳстерме тивĕç. 1952 çулхипе танлаштарсан, ĕне выльăх шучĕ 16.5 процент, сурăхсем—18,8 процент, сыснасем—16,6 процент, кайăк-кĕшĕк—58,3 процент ӳсмелле; кашни сăвакан ĕнерен вăтам шутпа 1.200 килограмран кая мар сĕт, вĕтĕ çăмлă кашни сурăхран—4,3 килограмм çăм, сурма вĕтĕ çăмлă сурăхран—3,9 килограмм, сурма шултра çăмлă сурăхран—3,4 килограмм, шултра çăмлă сурăхран 2,1 килограмм çăм илмелле.

Çак задачăсене пурнăçлас тесен, парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ертсе пырассине тĕпрен лайăхлатмалла, выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç юлса пынине пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмалла.

Курăк акса тумалли уйлă пусă çаврăнăшĕсене йĕркелесе çитерес, выльăх апачĕлĕх каякан ӳсентăрансем акакан çĕр лаптăкне ӳстерес, вĕсене пăхса ӳстермелли агротехникăна лайăхлатас, çавна май выльăх апачĕ валли акакан культурăсен тухăçлăхне ӳстерес ĕçсене лайăхлатмалла.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне тата унăн тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарасси пуринчен ытла выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарнинчен килет.

Фактсем çакна кăтартса парассĕ: республикăри нумай колхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси çителĕксĕр пулса пырать. Халĕ мерăсем хăвăрт йышăнмасан, выльăхсем нумай вилсе пĕтме пултарассĕ.

Выльăх апачĕ тĕлĕшпе ĕçсем начар. Нумай колхозсенче ăна хĕлли-паллисĕр расходлассĕ, салатса тата сутса пĕтерессĕ. Колхозсенчен нумайăшĕнче утă-улăма малтан хатĕрлемесĕр парассĕ, кормозапарниксемпе тухăçлăн усă курмассĕ. Ишлей, Шăхасан, Куславкка тата ытти чылай районсенчи нумай ялхуçалăх артелĕсенче выльăх апатне çĕре пăрахса парассĕ, çапла вара вăл усăсăр нумай пĕтет.

Докладчик выльăх апатне расходлас тата ăна хатĕрлесе парас, çавна пурнăçлама апат хатĕрлекен машинăсемпе усă курас, выльăх-чĕрлĕх çурт-йĕрĕсене ăшăтса йĕркене кĕртес, фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилес, выльăх-чĕрлĕх пăхакансен ĕçне тĕрĕс йĕркелес тата уншăн тĕрĕс тӳлес, мĕнпур ферма работникĕсем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатас, выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарассишĕн зооветеринари специалисчĕсен ответлăхне ӳстерес ыйтусем çинче тĕплĕн чарăнса тăрать.

Нумаях пулмасть, тет Мартынов юлташ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу участникĕсем выльăх-чĕрлĕх пăхакан мĕнпур работниксене, колхоз председателĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсемпе МТС-сен механизаторĕсене обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатса пырас, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес енĕпе сталинла çĕнĕ пилĕкçуллăхăн заданийĕсене срокчен пурнăçлас тĕлĕшпе социализмлă ăмăрту сарса яма чĕнсе каларĕç.

Министрсен Совечĕ тата парти обкомĕн бюровĕ выльăх-чĕрлĕх пăхакан работниксен пуçарăвне ырларĕç, вĕсен примерĕ тăрăх выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри мĕнпур работниксен социализмлă ăмăртăвне профессисем тăрăх,—дояркăсем, пăру, сысна, кайăк-кĕшĕк, сурăх тата лаша пăхакансем енĕпе организацилеме йышăнчĕç.

Парти райкомĕсен, райисполкомсен тата пуçламăш парторганизацисен задачи çакă пулать: çав чĕнĕве тата Министрсен Совечĕпе парти обкомĕн бюровĕ йышăннă решенине выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри мĕнпур работниксем пĕлсе тăччăр; выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене хăвăртрах пурнăçлама социализмлă ăмăртăва анлăн организацилемелле.

Юлашкинчен Мартынов юлташ ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене хăвăртрах пĕтерме кирли çинчен калать.

Февралĕн 20-мĕшĕччен пур колхозсенче те отчет тата отчетпа суйлав пухăвĕсем пырассĕ. Парти райкомĕсен, райисполкомсен тата ялхуçалăх органĕсен çав пухусене йĕркеллĕ иртерме, хуçалăхпа финанс ĕçĕсен итогĕсене палăртса çулталăк отчетне тума, отчетсене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче пăхса тухса сирĕплетме тивĕçлĕ пулăшу памалла.

Пухусенче колхозниксен тимлĕхне ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене хăвăртрах пĕтерме, обществăллă хуçалăха пур енĕпе те малалла тĕреклетсе пыма, материальнăй тата ĕç ресурсĕсемпе тĕрĕс усă курма, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне, çавăн пекех унăн тухăçлăхне малалла ӳстерсе пырассишĕн шалти резервсемпе пĕтĕмпех усă курма, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пыма, колхозниксен пурнăçне татах та лайăхлатма мобилизацилемелле.

Мартынов юлташ доклачĕ тăрăх пренире 16 çын тухса каларĕ.

Çĕмĕрле райкомĕн секретарĕ Кузьмин юлташ Ленин ячĕпе тăракан тата «Комбинат» колхозсен опычĕсене илсе, районти ялхуçалăх артелĕсенче ялхуçалăх умне партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче лартнă задачăсене пурнăçлама пысăк резервсем пуррине кăтартса парать.

Анчах та, тет Кузьмин юлташ, çав резервсемпе халĕ çителĕксĕр усă курассĕ. МТС техникипе кирлĕ пек усă курманнине пула, нумай колхозсем уй-хир ĕçĕсене агротехникăллă сроксене пăсса пурнăçлассĕ, çакă вара тырпул тухăçлăхне ӳстерес тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе чăрмантарать.

Районти колхозсенче агротехникăллă ĕçсен планне тултарас тĕлĕшпе халлĕхе ытлашши нимех те тумассĕ-ха. Район уй-хирсене вырăнти удобренисем кăларма паракан заданине çултан-çул пурнăçламасть. Çак ĕç кăçал та начар пырать.

Районти колхозсем çак тăранччен тĕштырăсене тата техникăллă культурăсене пĕтĕмпех сортлă вăрлăхсемпе акас задачăна татса паман-ха. Вăрлăх фончĕсем тăвас ĕç çителĕксĕр пырать. 29 колхозран 14 колхоз кăна кирлĕ чухлĕ вăрлăх хатĕрленĕ. Чылай колхозсенче вăрлăх пахалăхĕ япăх.

Парти райкомĕ, райисполком тата пуçламăш парторганизацисем халĕ çав çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăнассĕ. Вăрман хатĕрлемелли сезонри плана февралĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарма районта халĕ уйăхлăх пырать; çакăн хыççăн туртăм вăйне канма тăрататпăр тата пĕр пайĕпе выльăх-чĕрлĕх çурт-йĕрĕсем тума йывăç турттарма тытăнатпăр.

Пĕчĕк колхозсене малашне те пĕрлештерес ĕçе малалла туса пыратпăр, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнатпăр. Устава мĕнле пурнăçласа пынине 29 колхозра тĕрĕслесе тухнă хыççăн çак ыйтăва парти райкомĕн бюро ларăвĕнче сӳтсе явнă.

Юлашкинчен Кузьмин юлташ хăйĕн сăмахĕнче МТС ĕçне лайăхлатасси çинчен, çĕнĕ çĕрсене акма юрăхлă тума тата çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсене лайăхлатма, техникăллă культурăсем акса тума районна çĕнĕ машинăсем кӳрсе килме кирли çинчен ыйту хускатать.

Захарцев юлташ (Шупашкар хули) колхозсенче МТС-сем тăвакан уй-хир ĕçĕсен пахалăхне лайăхлатасси, Шупашкар хули таврашĕнче пахча çимĕç бази, çавна май парниксемпе теплицăсем ытларах тăвасси, ир çитĕнекен пахча çимĕçсем лартса ӳстересси çинче, çавăн пекех хула сывăхĕнчи колхозсенче продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас пирки тата республикăри колхозсенче промышленность предприятийĕсен шеф ĕçне лайăхлатма кирли çинче чарăнса тăрать.

— Ышăнас пулать,—тет хăйĕн сăмахĕнче Шупашкар райкомĕн секретарĕ Зайцев юлташ,—пирĕн районта çуракине хатĕрленес ĕç çителĕксĕр пулса пырать. Вăрлăх хатĕрлемелли плана 98 процент тултарнă, çаллĕхе 19 колхозра кирлĕ таран вăрлăх çук Нумай çул ӳсекен курăк вăрлăхĕ тата кантăр вăрри хатĕрлесси уйрăмах начар пырать. Вăрлăх тасатас тата унăн пахалăхне тĕрĕслес ĕçсене те япăх организациленĕ.

Машина-трактор станцийĕсен ĕçне конкретлă ертсе пыманшăн тата вĕсем хушшинче республикăна килекен техникăна тĕрĕс валеçменшĕн Зайцев юлташ Ялхуçалăх министерствине критиклет.

Зайцев юлташ обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç районта мĕнле пулса пыни çинчен калать, выльăх-чĕрлĕх аталантарас ĕçри çитменлĕхсене палăртать.

— Докладчик иртнĕ çулта колхозсем пĕчĕк тухăçлă тырпул пухса кĕртни çинчен нумай чарăнса тăчĕ,—тет Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Юхтанов юлташ. — Анчах та докладчик çавă мĕнрен килни çинчен каламарĕ. Эпĕ çапла шутлатăп: эпир пĕчĕк тухăçлă тырпул туса илнин сăлтавĕсенчен пĕри вăл—МТС-сем çителĕксĕр ĕçлени, вĕсем уй-хир ĕçĕсене вăхăтра туса паманни пулать. Министрсен Совечĕ тата Ялхуçалăх министерстви машина-трактор станцийĕсене договорсемпе илнĕ обязательствăсене агротехникăллă лайăх сроксенче пурнăçлама хушмасан, ĕç малалла каяс çук. МТС руководителĕсене парти социализмлă ялхуçалăхне вăйлатса пырас ответлă участока лартнă, çавăнпа та вĕсене ответлăха туйса ĕçлеме хушмалла.

Малалла Юхтанов юлташ курăк акса тумалли пусă çаврăнăшĕсем йĕркелесси вăраххăн пулса пыни, колхозсенче выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас ĕç çителĕксĕр пулса пыни çинчен калать.

Эпир, тет вăл, выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси çинчен ноябрьте каласма тытăнатпăр, паллă ĕнтĕ, кун пек чухне кирлĕ ĕçсене пурнăçлама хĕн. Колхозсене тĕрлĕ кăтартусем, хушусем нумай пыма пуçлассĕ, канашлусем те иртерессĕ, анчах та результатсем пурпĕрех япăх пулассĕ. Çапла тăвас пулать: выльăх-чĕрлĕхе çитес çул хĕл каçарма халех, февраль-март уйăхĕсенче хатĕрлеме тытăнас пулать, тĕрĕсрех каласан, ку енĕпе çулталăк тăршшĕпех ĕçлемелле. Çавăн пек чухне вара лайăх çурт-йĕрсем те, выльăх апачĕ те çителĕклĕ пулĕç.

Юхтанов юлташ хăйсен колхозĕнче обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри опыт çинчен каласа парать. Кунта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç артелĕн обществăллă хуçалăхĕнче пысăк тупăш паракан отрасль пулса тăнă. Колхоз пĕлтĕр государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса тата сутса 470 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

— Эпир,—тет вăл,—1953 çулта çакăн пек обязательство йышăнтăмăр: кашни сăвакан ĕнерен 2.600 килограмран кая мар сĕт, кашни сурăхран 5-шер килограмм çăм, кашни 100 сурăхран 150 путек илмелле. Выльăх-чĕрлĕхрен илекĕн тупăша кăçал 600 пин тенке çитерме палăртатпăр.

Пур колхозсенче те сыснасене самăртас ĕçе анлăрах организацилемелле. Çакă вăл колхозсемшĕн питĕ усăллă. Çав ĕçе пуринчен ытларах хĕлле—декабрьпе февраль уйăхĕсенче пурнăçламалла. Эпир ĕнтĕ государствăна сысна ашĕ памалли 1953 çулхи обязательствăна пурнăçларăмăр та. Ку тĕлĕшпе эпир 14 сысна самăртрăмăр, вĕсенчен пысăк пахалăхлă аш-какай икĕ тонна ытла тухрĕ.

Пилĕк çуллăх планăн заданийĕсене срокчен пурнăçлама пирĕн парти организацийĕ мĕн кирлине йăлтах тăвать.

КПСС Чкаловски райкомĕн секретарĕ Тимофеев юлташ районти колхозсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре хăшпĕр çитĕнӳсем тунине палăртать. Район обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне ӳстермелли плана, кайăк-кĕшĕксемсĕр пуçне, тултарнă. Парти организацийĕ выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас тĕлĕшпе «Гвардеец» колхозăн паха опытне сарас енĕпе пысăк ĕç туса иртернĕ.

«Заготлен» Чăваш кантурĕн управляющийĕ Стрельников юлташ республикăра техникăллă культурăсем—йĕтĕн тата кантăр акса тăвас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать. Пăрачкав районĕнчи уйрăм колхозсем иртнĕ çулта йĕтĕн акмалли çĕр лаптăкне ӳстерес вырăнне ăна чакарнă, йĕтĕне вăхăтра пухса кĕртмен, пысăк тăкаксем тунă.

Техникăллă культурăсем акма хатĕрленес ĕç çителĕксĕр пырать. Чылай колхозсенче паянхи кун тĕлне те йĕтĕн тата кантăр çапса пĕтермен, нумай колхозсенче вĕсен вăрлăхĕсем çитмессĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри опыт çинчен пленумра Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Социализмлă Ĕç Геройĕ Зайцев юлташ каласа пачĕ. Çавăнпа пĕрлех вăл фермăри йывăр ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе Ялхуçалăх министерствин «Волстрой» кантурĕ начар ĕçленине, машина-трактор станцийĕ колхозра уй-хир ĕçĕсене пурнăçлама илнĕ обязательствăсене пăснине палăртрĕ.

Юлашкинчен Зайцев юлташ вăрман хатĕрлев организацийĕсем начар ĕçлени, вĕсем вăрман ĕçĕнче колхозниксемпе тĕрĕс усă курманни тата вĕсем валли культурăпа йăла тĕлĕшĕнчен кирлĕ условисем туса пама тăрăшманни çинчен калать.

— Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса,—тет Элĕк МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Степанов юлташ,—пирĕн механизаторсем çĕнĕ пилĕкçуллăхăн заданийĕсене срокчен пурнăçлассишĕн сине тăрса кĕрешессĕ. Вĕсем 1952 çулхи IV-мĕш кварталта тракторсем юсамалли плана ăнăçлă тултарчĕç. Халĕ, республикăри малта пыракан механизаторсем тата Пăрачкав МТС работникĕсем чĕнсе каланине сӳтсе явнă хыççăн, тракторсемпе ытти машинăсене вырăнти Советсен суйлавĕ кунĕ тĕлне юсаса пĕтерме социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пыратпăр.

Унтан Степанов юлташ машинăсене тĕрĕс валеçсе паманшăн, МТС-сене запаслă пайсем вăхăтра тăратманшăн Ялхуçалăх министерствине, Ялхуçалăх снабженин тата Автотракторосбыт кантурĕсен ĕçне критиклет. Вăл çавăн пекех вăрман хуçалăхĕсем тĕрĕс мар ĕçленине палăртать, вĕсем утă çулмалли вырăнсене колхозсене мар, колхозра тăман уйрăм хуçалăхсене уйăрса пама тăрăшассĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре республикăри колхозсенче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртса, Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх министрĕ Ручкин юлташ сисĕмлĕхе ӳстерме кирли çинчен, колхозниксем хушшинче, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх пăхас тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе тата воспитани ĕçне вăйлатма, малта пыракансен опытне анлăн сарма кирли çинчен калать.

КПСС Кувакино райкомĕн секретарĕ Дубов юлташ иртнĕ ялхуçалăх çулĕн итогĕсем тата хăшпĕр çитĕнӳсем çинчен каласа парать. Çавăн пекех вăл районта çуракине хатĕрленес, колхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса парать. Тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсен вăрлăхне 92 процент, çĕрулми—69 процент, йĕтĕн вăрлăхĕ—16 процент, нумай çул ӳсекен курăк вăррисем 23 процент анчах хатĕрленĕ. Вăрлăхсен пысăк пайĕ ытлашши нӳрлĕ. Районта 700 гектар çинчен пухса кĕртнĕ тырпула халĕ те çапса пĕтермен.

Кувакино районĕн обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме лайăх майсем пур. Кунта улăх-çарансем, кĕтӳ çӳретмелли вырăнсем тата акмалли çĕр лаптăкĕ нумай. Çапла ĕнтĕ, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тума пур условисем те çителĕклĕ. Анчах та çав условисемпе çителĕксĕр усă курассĕ, çавăнпа та обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне ӳстермелли 1952 çулхи плана лашасем тата сурăхсем енĕпе кăна тултарнă.

КПСС Шăхасан райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ Чăваш АССР Министрĕсен Советне тата Ялхуçалăх министерствине обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çиелтен ертсе пынăшăн, йышăннă решенисем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслеменшĕн критиклет.

Ялхуçалăх министерстви работникĕсем, чи малтан министрăн заместителĕ Захаров тата выльăх-чĕрлĕх управленийĕн начальникĕ Елкин юлташсем, тет Родионов юлташ, зооветеринари специалисчĕсене кирлĕ пек ĕçлеме хушмассĕ, специалистсем малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе начар ĕçленипе тата выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçре колхозсене начар пулăшнипе вĕсем килĕшсе ларассĕ. Эпĕ Шăхасан районĕнче 4 çул ĕçлетĕп, çак вăхăт хушшинче Захаров тата Елкин юлташсем пирĕн патăрта пулман.

Мартынов юлташ доклачĕ тăрăх пренире çавăн пекех Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ Захаров юлташ, Ялсенчи тата колхозсенчи строительство управленийĕн начальникĕ Сиворцов юлташ, Куславкка райсовет исполкомĕн председателĕ Смыков юлташ, Чăваш ялхуçалăх институчĕн директорĕ Калинцев юлташ тухса каларĕç.

Юлашкинчен КПСС обкомĕн секретарĕ Шманов юлташ сăмах тухса каларĕ.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

---

## Колхозсенчи электростанцисем

Республикăри колхозсене электрификацилес ĕç çултан-çул малалла кайса пырать. Халĕ Чăваш республикинче 100 колхозра шыв вăйĕпе ĕçлекен электростанцисем пур, 45 колхоз промышленность предприятийĕсен электростанцийĕсенчен çутă илсе тăрать. Иртнĕ çулта Çурачăк районĕнчи «Большевик», Сĕнтĕр районĕнчи Макас, Пăрачкав районĕнчи Кожевенное ялĕсенчи колхозсем электростанцисем туса лартнă. Халĕ республикăри колхозсенчи электростанцисен вăйĕ 2.800 киловатт ытла.

Нумай колхозсем электричествăпа производствăра анлăн усă курассĕ. Вăрмар районĕнчи «Красная Кубня», Муркаш районĕнчи «Красное Сормово», Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозсем выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизациленĕ.

Кăçал республикăра тата 10 колхозра çĕнĕ электростанцисем туса лартмалла. Колхозсем, юханшывсем çинче гидроэлектростанцисем тунисĕр пуçне, торфпа ĕçлекен электростанцисем тăвассĕ. Çакăн пек электростанцисене Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Дубовкăра, Ӳтаркассинче, Улатăр районĕнчи Стемаєра туса пĕтерсе ĕçе ямалла. Çĕнĕрен туса пĕтермелли электростанцисен вăйĕ 350 киловатт пулмалла.

---

## Вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем валли лекцисем

Шупашкарти арçын ачасен 4-мĕш вăтам шкулĕнче вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем валли лекцисемпе докладсем вуласине лайăх йĕркеленĕ. Ку тĕлĕшпе учительсем, республикăри санпросвет суртĕнчи работниксем ĕçлессĕ. Шкулта «Шкул ачисен гигиени» ятлă выставка тунă.

Çак кунсенче «Шкул ачисен режимĕ», «Шкул ачисене ĕçре воспитани парасси» темăсем тăрăх лекцисем вуласа панă.

Шкул ачисен ашшĕ-амăшĕсем хушшинче ĕçлессине вăйлатни шкулта вĕрентӳпе воспитани ĕçне, дисциплинăна лайăхлатма нумай пулăшать.

---

## Государство заемĕсенчен пысăк тупăш

Государство заемĕсен облигацийĕсене туянса, ĕççыннисем çулсеренех пысăк тупăш илессĕ. Иртнĕ 1952 çулта Шупашкарти перекет кассисем государство заемĕсем тăрăх пурĕ 4 миллион та 139 пин те 900 тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Выляв укçи илекенсем хăйсен ытлашши укçине перекет кассине хурассĕ. Вкладчиксен йышĕ те хăвăрт ӳссе пырать. Иртнĕ çулта перекет кассине хунă укçашăн процент шучĕпе 602.137 тенкĕ тӳленĕ.

П. ЕФИМЕНКО.

---

## —Кĕскен—

ЕЛЧĔК. Районта культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Пĕлтĕр çĕнĕрен висĕ библиотека уçнă. Вĕсенчен пĕри Тăрăм ял Советĕнче. Халĕ çак библиотека районта лайăх ĕçлекен библиотекăсенчен пĕри. Вулакансен хисепĕ пысăк. Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май «Сталинла Конституци—тĕнчери чи демократиллĕ конституци» ятлă пысăк выставка тунă.

И. НАУМОВ.

* * *

ШĂМĂРШĂ. Районти библиотекăра «Совет çамрăкĕсен патриотизмĕ» тема тăрăх вулакансен конференцийĕ пулчĕ. Унта Е. Кошевойăн «Повесть о сыне», Фадеевăн «Çамрăк гварди», Н. Островскин «Хурçă мĕнле хĕрнĕ», Журбан «Александр Матросов» ятлă произведенийĕсем тăрăх тухса каларĕç. Конференцире пулнисем çитес кунсенче «Ленинпа Сталин çамрăкĕсем çинчен» темăпа конференци иртерме сĕнчĕç.

П. ЕРМОШКИН.

* * *

КАЛИНИНО. Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 24 гектар çинче йывăçсем лартса вăрман тăвассĕ. 1953 çулта тата 8 гектар çине йывăçсем лартса хăварма палăртнă. Вăрман тăрăхĕсем тума хăйăрлă вырăнсене, çырма хĕррисене, уйсем хушшисене йывăçсем лартнă. Хыр, чăрăш, хурама, тополь, акаци тата ытти йывăçсем те лайăх çитĕнессĕ.

Колхозра 1951—1952 çулсенче çичĕ пĕве тунă. Унта карас пулă ĕрчетессĕ. Пулă сутса, 1952 çулта пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Л. ИСАКОВ.

* * *

ÇĔМĔРЛЕ. Сĕтел-пукан комбинатĕнчи Досааф организацийĕ мотоциклистсем вĕрентсе хатĕрлеме икĕ уйăхлăх курс организацилерĕ. Курсра ĕçрен уйрăлмасăр çамрăксем вĕренессĕ. Кружока Г. Бормотов юлташ ертсе пырать. Февраль уйăхĕнче шоферсем вĕрентсе хатĕрлемелли курс ĕçлеме пуçлать.

В. МЫТИКОВ.

* * *

ЙĔПРЕÇ. Буинскинчи вăрман завочĕн клубĕнче рабочисемпе работницăсем тата инженерсемпе техниксем валли «Марксизм-ленинизм тĕп çинчен» тема тăрăх лекци пулчĕ. Лекци пурте хаçал туса ырларĕç, нумай ыйтусем парса ыйтса пĕлчĕç. Çакăн пек лекцисем малашне те тăтăшах иртерме палăртнă.

К. МАТВЕЕВ.

# Выранти Советсен суйлавĕ умĕн

## Çĕнĕ суйлав участокĕнче

Сăр шывĕ тăрăхĕнчи ансăр чугун çул çинче çÿрекен поезд Речнăй поселок тĕлĕнче чарăнчĕ. Вагонсенчен тухнă çынсем тĕрлĕ еннелле саланма тытăнчĕç. Тул çутăлса çитнĕ тĕле вăрман делянкисене, вăрман хатĕрлевĕн потокĕсенчи механизациленĕ участоксенче, хăма сураракан заводри цехсенче ĕç шавĕ кĕрлеме пуçларĕ.

Речной поселока пĕр картта çинче те палăртман-ха. Вăл ытла та çамрăк. Выранти Советсен иртнĕ суйлавне иртерни чухне, кунти поселок вырăнĕнче сĕм вăрман кашласа ларнă. Унтанпа икĕ çул хушшинче 70 ытла илемлĕ çурт туса лартнă, поселок пулса тăнă.

Поселокăн пĕр урамĕнче культурăллă учрежденисем вырнаçнă. Кунта — пысăк клуб. Унта вăрман хатĕрлевĕнче ĕçлекенсем тăтăшах кино кураççĕ, лекцисемпе докладсем итлеççĕ. Библиотекăран кĕнекесем, хаçат-журнал илсе вулаççĕ. Поселокра шкул, фельдшер пункчĕ, ача ясли, столовăй, магазин, пекарня, общежитиллĕ мунча тата ытти культурăллă пурнăç учрежденийĕсем пур. Хăма заводĕ ĕçлет. Ситес кунсенче электростанци тата радиоузел туса пĕтереççĕ. Çывăх вăхăтрах почта уйрăмĕ, тĕрлĕ мастерскойсем уçма палăртнă.

Речной поселокра пурăнакансен хисепĕ ÿснĕ май, кунта выранти Советсен суйлавне иртерсе тĕлĕшпе ĕçлекен çĕнĕ суйлав участокĕ тунă. Ĕç хыççăн агитпункта халăх йышлăн пухăнать. Агитаторсем суйлавçăсене выранти Советсен суйлавĕ çинчен, ĕçсыннисене Сталинла Конституци панă аслă правăсем çинчен калаçса кăтартаççĕ, Коммунистсен партийĕн XIX съезчĕн решенийĕсемпе паллаштараççĕ. Агитаторсем калаçусем иртерни чухне выранти материалсемпе анлăн усă кураççĕ. Çак кунсенче агитаторсем пур участоксенче те вăрман хатĕрлевĕнче ĕçлекенсене Таван çĕршывра çĕнĕ çыннисен икĕ çул хушшинче тунă çитĕнÿсем, вăл шутран сĕм вăрман варринче ÿсе ларнă Речной поселок çинчен питех те ĕнентерÿллĕ калаçа панă.

Выранти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май Речной вăрман участокĕнчи рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем политикăллă тата производствăллă пысăк сĕкленÿпе ĕçлеççĕ. Участок коллективĕ февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне вăрман хатĕрлевĕн тата касна йывăçа турттармалли икĕ уйăхри плана тултарма обязательство йышăннă. Чылай рабочисем, механизаторсем суйлав умĕнхи стахановла вахтăна тăнă. Иртнĕ çулхи планне 127 процент таран тултарнă Флегентовпа Филиппов трактористсем çак кунсенче уйрăмах хастарлă ĕçлеççĕ. Вĕсем касна йывăçа ансăр çул хĕррине турттарса кăлармалли сменăри нормăна чылай иртерсе тултараççĕ. Тимофеев моторист, Иванов, Делаев лебедчиксем, Мулаков чокерист тата ыттисем те суйлав умĕнхи кунсенче пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

Речной вăрман участокĕнчи ĕçсыннисем суйлав кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн социализмлă ăмăртăва куллен вăйлатса пыраççĕ.

**А. АЛЕКСАНДРОВ.**



*Шупашкарти Пионерсен çуртĕнчи агитпунктра «Избиратель» ятлă стена хаçачĕ тăтăшах тухса тăрать.*

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Стена хаçачĕн редколлеги членĕсем (сулахайран сылтăмалла) Ф. Осипов, М. Фадеева тата М. Сидоров юлташсем черетлĕ номер кăларма хатĕрленеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Списоксене тĕрĕслеççĕ

Шупашкар хулинчи суйлав участокĕсене кашни кунах иртен пуçласа каçченех суйлавçăсем пĕрин хыççăн тепри пыраççĕ. Суйлавçăсем хăйсен ячĕсене списока тĕрĕс кĕртнине тĕрĕслеççĕ.

17-мĕш суйлав участокне чи малтан 60 çулхи килхуçи хĕрарăмĕ К. Андреева юлташ пырса кĕрет. Вăл аша тумланнă. Унăн аллинче — паспорт. Ана суйлав участокĕн комисси членĕ Валентина Листова кĕтсе илчĕ. Вĕсем иккĕшĕ пĕрле списокра Андреева хушаматне тупса, уйăхе мĕнле çырнине тĕрĕслерĕç.

Участока çамрăк суйлавçăсем — ялхуçалăх институчĕн студенткисем Зоя Афонькинăпа Лина Семенова пырса кĕчĕç. 19 çулхи Зоя, кăçал пĕрремĕш хут суйлава хутшăнаканскер, тулли савăнăçпа çĕклене списокра хăйĕн ятне тĕрĕслетерет. Унăн ятне те, ашшĕ ятне те, хушаматне те, вăл ăçта пурăннине те списокра тĕрĕс çырнă.

Унтан Лина хăйĕн ятне, ашшĕ ятне, хушаматне списокра тĕрĕслетерет.

— Кунта вара йăнăш, — тет вăл. — Эпĕ Лина ятлă. Список çине Елена тесе çырнă. Мĕншĕн ун пек, — пăлханать Лина.

Унăн ятне çийĕнчех хут çине çырса илеççĕ, каçхине тепре участока кĕрсе тухма ыйтаççĕ.

Кун хыççăн участока совхоз урамĕнчи 16-мĕш çуртра пурăнакан, ветеринари лабораторинчи хуралçă 60 çулхи Полиект Маркелович Маркеловпа унăн 56 çулхи мăшăрĕ Акулина Маркелова юлташсем хăйсене списока кĕртнине тĕрĕслетерме пыраççĕ. Вĕсем пырса çитнĕ чухне суйлав комиссин председателĕн заместителĕ П. Гульев юлташ та унтаччĕ. Вĕсем хăйсен ячĕсене тĕрĕслетерчĕç, анчах Маркеловсен хушамачĕ унта çук, вĕсене списока кĕртмесĕр хăварнă. Гульев юлташ вĕсене иккĕшне те заявлени çырса хăварма пулăшрĕ. Хăй çийĕнчех хула Совечĕн исполкомне телефонпа списокра йăнăш пурри çинчен пĕлтерчĕ.

Участокра дежурствăна лайăх йĕркеленĕ.

**Г. МАЛЬЦЕВ.**

## Суйлава хатĕрленсе

Выранти Советсен суйлавне тĕплĕн хатĕрленес тесе, эпир организациллĕ-техникăллă ĕçсен планне турăмăр. Выранти Советсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсен те хăйсен ĕç планĕсем пур. Комисси членĕсене уйрăм ĕçсем панă.

Суйлава хатĕрленес енĕпе тумалли ĕçсене тăтăшах ял Совет исполкомĕн ларăвĕсенче сÿтсе яватпăр. Пирĕн тĕллев — суйлавçăсен политикăллă тата ĕçри хастарлăхне ÿстересси, Конституци панă правăна усă курма лайăх услови туса парасси. Ку тĕлĕшпе эпир кăçал çамрăк суйлавçăсене пухса, суйлав положенийĕпе техники çинчен ăнлантарса патăмăр. К. С. Мартьянова учительница «Совет хĕрарăмне Конституци панă правăсем» темăпа хĕрарăм-суйлавçăсен пухăвĕнче доклад туса пачĕ.

Пирĕн ял Совет центрĕ — Калайкасси. Ял витĕр Муркаш, Советски, Ишлей районĕсенчи çынсем вĕçĕмсĕр иртсе çÿреççĕ. Çавăнпа та эпир яла, общественăллă çуртсене илемлетесси çине уйрăмах тимлĕн пăхрăмăр. Халĕ пирĕн ял Советне кĕрекен ялсенче хĕрлĕ хăмач çине çырнă лозунгсем, транспарантсем çакăнса тăраççĕ. Суйлав комиссийĕсем ăçта вырнаçнă çуртсем çинче ялавсем пур.

Агитпунктра кашни каçах халăх йышлă.

Суйлава хатĕрленнĕ май колхозниксен ĕçри хастарлăхĕ ÿссе пырать. Çак кунсенче ял Советĕнчи «Гигант» колхоз вăрман касмалли плана тултарчĕ. Ял Советри колхозсем касна йывăçа турттармалли плана тата çул хĕррине илсе тухмалли плансене суйлав кунĕ тĕлне тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

**С. ГОРЛАНОВ,**
Сĕнтĕр районĕнчи Калайкасси ял Совет председателĕ.

## Пултарулла та ĕçчен çынсем

СОВЕТСКИ. Округсенчи суйлав комиссийĕсем район Советне депутата суйлама 25 кандидат регистрациленĕ. Вĕсем — коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсем.

Ĕçсыннисем район Советне депутата суйлама хăйсен пултарулла та ĕçчен ывăл-хĕрĕсене, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн хастарлă ĕçлекенсене кандидата тăратнă. Халĕ кандидатсем хăйсен суйлавçисемпе тĕл пулаççĕ, доверенăйсемпе агитаторсем вĕсен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен каласа кăтартаççĕ.

Машина-трактор станцийĕнчи трактористсем, рабочисемпе служащисем район Советне Советски суйлав округĕ тăрăх суйлама механизатора Георгий Михайлович Михайлов юлташа кандидата тăратрĕç. Михайлов юлташ 1937 çултанпа механизатор пулса ĕçлет. Çав вăхăтра вăл колхозсен анлă хирĕсенче темиçе пин гектар сухаласа акнă, тырă пухса кĕртнĕ. Районта МТС тусан, ăна 7-мĕш трактор бригадин бригадирĕ пулма уйăрса лартаççĕ. Унăн бригади трактор ĕçĕсен планне кашни çулах иртерсе тултарса пычĕ. Иртнĕ çулхи плана та 115 процент тата пур ĕçсем енĕпе те иртерсе пурнăçларĕ Бригадăри механизаторсем сунтопна горючи перекетленĕ тата тракторпа тумалли ĕçсен хакне нумай йÿнетнĕ.

— Михайлов юлташăн бригадинчи механизаторсем ĕçе тирпейлĕ тăваççĕ, — теççĕ колхозниксем. Чăнах та, ку бригадăри трактористсен ĕçне яланах лайăх тата питĕ лайăх хак парса йышăннă. Бригада колхозсене çĕрĕс культурине ÿстерме, тырпул тухăçлăхне ÿстерсе пыма пулăшать. Ку бригада ĕçлесе панă «Восход», Суворов ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан колхозсем иртнĕ çулта кашни гектартан 19—20 центнер çурхи тулă пухса илчĕç.

Михайлов юлташăн бригади кăçал хăй ĕçлесе паракан колхозсенче кашни гектар çинче 120 пăт тĕштырă ÿстерме обязательство илнĕ. Бригадăри механизаторсем тимлĕн ĕçлеççĕ, тракторсене тата вĕсемпе ĕçлемелли машинăсене çасах юсаса çитереççĕ тата колхозсене çуракине хатĕрленме пулăшаççĕ. Михайлов юлташ — КПСС райкомĕн членĕ, лайăх ĕçлекен агитаторсенчен пĕри, ытти механизаторсем хушшинче пысăк авторитетлă.

Чкалов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем район Советне депутата суйлама кандидат тăратнă чухне чи малтан хăйсен артелĕн председателĕн Никон Кириллович Кириллов юлташăн ятне асăнчĕç. Вăл ертсе пыракан колхоз малта пырать. Колхоз тырпул ÿстермелли тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çулсеренех иртерсе тултарать, государство умĕнчи обязательствăсене чыслăн пурнăçлать. Кăçалхи вăйлă тырпулшăн та хĕрÿллĕ кĕрешеççĕ. Вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ, уя кашни кунах тислĕк кăлараççĕ, хĕллехи ытти агротехникăллă ĕçсене лайăх пурнăçлаççĕ.

Кандидата тăратнисем хушшинче çавăн пекех Андреев ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Прокопий Федорович Федоров пур. Вăл ертсе пыракан колхоз — пĕчĕк колхозсем пĕрлешнипе пулнă артель. Пĕрлешиччен колхозсем юлса пынă. Халĕ артель организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен хăвăрт ÿсе тĕрекленчĕ. Çулсерен кашни гектартан çĕршер пăта яхăн тĕштырă пухса илеççĕ, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетеççĕ. Артель иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлерĕ, кăçал вăрман хатĕрлемелли плана тултарчĕ, хĕллехи агротехникăллă ĕçсен планне кăтартуллăн пурнăçласа пырать.

Депутата суйлама кандидата тăратнисем хушшинче колхозсенчи тĕрлĕрен профессиллĕ çынсене, артельсен обществăллă хуçалăхне пысăклатса пыма тăрăшакансене курма пулать. Чемей суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама тăратнă кандидат Василий Павлович Павлов Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри 3-мĕш уй-хир бригадин бригадирĕ пулса ĕçлет. Бригада çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул ÿстерсе илет, уншăн Павлов юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă. Иртнĕ çулта та тырпул пухса илмелли плана иртерсе тултарнă. Уйрăмах пысăк тухăçлă çурхи тулă, сĕлĕ, çĕрулми, клевер вăрлăхĕ пухса илнĕ. Бригада 40 центнера яхăн клевер вăрлăхĕ хатĕрлесе панă, уншăн вуншар пин тенкĕ тупăш илнĕ. Бригада малта пыракан агротехника кăтартăвĕсемпе ĕçре туллин усă курать. Тĕштырăсене хĕреслĕ тата ансăр ретлĕ акаççĕ, çĕрулмине тĕмĕсем туса лартаççĕ, çĕре выранти тата минераллă удобренисемпе çемçетеççĕ. Бригадăра ĕçкунĕсен минимумне тултарман çын пĕрре те çук.

Тушкасси суйлав округĕнчи суйлавçăсем Анастасия Мироновна Муравьевăна район Советне депутата виççĕмĕш хут ĕнтĕ суйлаççĕ. Вăл колхозри ĕçчен колхозницăсенчен пĕри. Анастасия Мироновна вунă çул хушши Володарский ячĕпе тăракан колхозра бригадир пулса ĕçленĕ. Икĕ çул каялла ăна фермăсен заведующийĕ пулса ĕçлеме уйăрса лартнă. Колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе кĕске вăхăтрах пысăк ÿсĕмсем турĕ. Выльăхсем ĕрчетмелли плана пур фермăсем тăрăх та иртерсе тултарчĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пысăкланса пырать. Иртнĕ çулта план тăрăх кашни ĕнерен 1.050 литр сĕт суса илмелле пулнă пулсан, 1.120-шер литр илнĕ. Кашни ĕнерен пăру, кашни 100 сурăхран 120 путек илнĕ. Фермăсене хĕле лайăх хатĕрлесе çитернĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕхрен колхоз вуншар пин тенкĕ тупăш илнĕ. Муравьева юлташ — пуçарулла çын, колхоза вăйлатассишĕн вăй-халне шеллемесĕр ĕçлет.

Район Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсем — ялти паллă çынсем. Вĕсем хушшинче врач Г. А. Макаров, агроном Н И Корсаков, учительница А Е Григорьева, зоотехник Г П Есина, ял Совет председателĕсем М. Ф. Уливанова, А. Н. Николаев тата ытти юлташсем те пур. Вĕсем тÿрĕ кăмăллă ĕçпе чапа тухнă.

**Я. СИГАЕВ.**

## Тата лайăхрах ĕçлеме пулаççĕ

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекенсем СССР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли государство планне 1952 çулта тултарни çинчен пĕлтернине пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Халĕ агитаторсем пирĕн çĕршыв иртнĕ çулта тунă чаплă çитĕнÿсем çинчен калаçусем иртереççĕ.

— Таван çĕршыв çултан-çул хăватланса пырать. Çакна иртнĕ çулталăк итогĕсем те лайăх кăтартса параççĕ. Пирĕн комбинат та, иртнĕ çулхи плана 106 процент тултарса, Таван çĕршыва планран иртерсе продукци нумай пачĕ. Халиччен тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармасăр, эпир тата тăрăшарах ĕçлеме, кăçалхи производство планне иртерсе тултарассишĕн кĕрешпĕр, — теççĕ кунта ĕçлекенсем.

Шупашкарти чăлха фабрикинче çак кунсенче кашни цехра СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтернине тата Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтернине пĕрлешсе вуласси йĕркеленĕ. Агитаторсем калаçусем иртереççĕ. Рабочисемпе работницăсем суйлав кунне хатĕрленнĕ май ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулса çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ.

## „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

### „Вениамин Васильевич юмăç ярать“

КПСС Советски райкомĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра 1952 çулти декабрĕн 23-мĕшĕнче пичетленнĕ «Вениамин Васильевич юмăç ярать» ятлă фельетонра ситменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, фельетона райком бюровĕн ларăвĕнче сÿтсе явни çинчен пĕлтерчĕ.

МТС директорне В. Васильев юлташа «Сталинград» колхозпа тунă договора пурнăçа кĕртменшĕн асăрхаттарнă. Фельетонра асăннă çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

### „Корреспондентсемпе ĕçлемен хаçат“

Иртнĕ çулти декабрĕн 24-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Корреспондентсемпе ĕçлемен хаçат» ятлă статья пичетленсе тухнăччĕ.

КПСС Йĕпреç райкомĕ статьяна райком бюровĕнче сÿтсе явни, районти хаçат ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ решени йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Ĕçсынни депутачĕсен Калинино район Совечĕн исполкомĕ Жданов ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ вăрман хатĕрлевне тивĕçлипе организацилемени, колхозри парторганизаци агитациллĕ-массăллă ĕçе начар йĕркелени çинчен çырнă заметкăра çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани çинчен пĕлтерчĕ.

Плана срокчен тултармалла тăвас шутпа вăрман хатĕрлес ĕçе ертсе пыма колхоз правлени членĕсем тата агитациллĕ-массăллă ĕçе йĕркелеме парторганизаци секретарĕ А. Михайлов юлташ вăрмана тухса кайнă.

* * *

Шупашкар райисполкомĕн ялхуçалăх пайĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Чкалов ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитменлĕхсем çинчен тĕрĕс çырни çинчен пĕлтерчĕ. Колхоз обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарса çитермен. Çапла пулин те выльăхсене йÿнĕ хакпа сутаççĕ. Выльăх-чĕрлĕхсене усрама çуртсем çителĕклĕ мар. Юлашки çулсенче пĕр витте туса лартман.

Çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Шăхасан районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Яковлев юлташ ответлăха туйса ĕçлемени, колхоз вăрман хатĕрлес тата çуракине хатĕрленес ĕçре юлса пыни, ялхуçалăх машинисене тирпейлĕ сыхласа усраманни çинчен çыру килнĕччĕ.

Çак çырăва иртнĕ çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче райисполком ларăвĕнче сÿтсе явни çинчен пĕлтерчĕç. Исполком колхоз председательне Яковлев юлташа вăрман хатĕрлеме кирлĕ чухлĕ çынсем уйăрса яма, плана вăхăтра тултармалла тума хушнă.

* * *

КПСС Комсомольски райкомĕн секретарĕ А. Гаврилов юлташ «Хуçасăрлăх тыткăнĕнче» ятлă çырура Мичурин ячĕпе тăракан колхозри çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани çинчен пĕлтерчĕ. Çырăва колхозри коммунистсен тата колхозниксен пухăвĕсенче сÿтсе явнă. Уй-хир ĕçĕсене вăхăтра туса пĕтерменшĕн, тырă тата арпа-улăм пăснăшăн 4-мĕш бригада бригадирне Чумаков юлташа пуху ятланă. Тырра лайăх сыхламасăр вăрлаттарса янăшăн итем хуралçине Свеклова суд урлă ответ тыттармалла тунă.

Парторганизаци пухăвĕ колхозри партбюро тата унăн секретарĕ Михайлов юлташ колхоз правленийĕн ĕçне тĕрĕслемелли правăпа çителĕксĕр усă курнине, колхозниксем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе кирлĕ пек туса пыманнине палăртнă.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозра авăн хăвăртрах сапса пĕтерес тата çуракине вăхăтра хатĕрленсе çитес енĕпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

## Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансем

### Малта пыракан колхозсем 1952 çулта сăвакан кашни ĕнерен вăтам шутпа çакăн чухлĕ сĕт илнĕ (килогрампа)

| | | |
|---|---|---|
| 1. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.305 |
| 2. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 1.969 |
| 3. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.966 |
| 4. | Шăмăршă районĕнчи «Родина» колхоз | 1.959 |
| 5 | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 1.904 |
| 6. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.887 |
| 7. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.811 |
| 8. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.783 |
| 9. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.689 |
| 10. | Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.617 |
| 11. | Çĕмĕрле районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.558 |
| 12. | Шăмăршă районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.520 |
| 13. | Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.519 |
| 14. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.517 |
| 15. | Пăрачкав районĕнчи «Ударник» колхоз | 1.487 |
| 16. | Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз | 1.482 |
| 17. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.441 |
| 18. | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1.420 |
| 19. | Етĕрне районĕнчи «Красноармеец» колхоз | 1.406 |
| 20. | Шупашкар районĕнчи «Красный Флот» колхоз | 1.400 |
| 21. | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.387 |
| 22. | Пăрачкав районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.371 |
| 23. | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.361 |
| 24. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.346 |
| 25. | Шăмăршă районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.343 |
| 26. | Çĕмĕрле районĕнчи «Знамя Ленина» колхоз | 1.324 |
| 27. | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.321 |
| 28. | Чкаловски районĕнчи «Восток» колхоз | 1.312 |
| 29. | Канаш районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 1.298 |
| 30. | Кувакино районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.290 |
| 31. | Канаш районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.258 |
| 32. | Ишлей районĕнчи «Знамя труда» колхоз | 1.252 |
| 33. | Вăрмар районĕнчи «Большевик» колхоз | 1.250 |
| 34. | Чкаловски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1.205 |
| 35. | Елчĕк районĕнчи «Вперед» колхоз | 1.209 |
| 36 | Чкаловски районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхоз | 1.201 |
| 37. | Шăхасан районĕнчи «За коммунизм» колхоз | 1.188 |
| 38. | Елчĕк районĕнчи «Трактор» колхоз | 1.187 |
| 39. | Кувакино районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхоз | 1.180 |
| 40. | Етĕрне районĕнчи «Парижская Коммуна» колхоз | 1.154 |
| 41 | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1.152 |
| 42. | Советски районĕнчи Володарский ячĕпе тăракан колхоз | 1.151 |
| 43. | Комсомольски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 1.133 |
| 44. | Кувакино районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.121 |
| 45. | Улатăр районĕнчи «Победа Октября» колхоз | 1.121 |
| 46. | Çĕмĕрле районĕнчи «14 лет Октября» колхоз | 1.118 |
| 47. | Етĕрне районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 1.107 |
| 48. | Канаш районĕнчи «Красное пламя» колхоз | 1.100 |
| 49. | Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.100 |
| 50. | Шăхасан районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 1.095 |

### Колхозсенчи дояркăсем 1952 çулта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем

| Йышăннă вырăн | Дояркăсем | Колхоз тата район ячĕсем | Сăвакан кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|
| 1. | А. С. Селиванова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.481 |
| 2. | К. А. Ситухина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2.456 |
| 3. | З. А. Андреева | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.325 |
| 4. | Н. П. Бурлакова | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2.313 |
| 5. | А. Г. Баулина | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 2.307 |
| 6. | А. Н. Дубынина | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.276 |
| 7. | В. М. Токсубаева | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 2.213 |
| 8. | М. Г. Баринова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 2.204 |
| 9. | Л. В. Храмова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 2.179 |
| 10. | К. М. Молчанова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.176 |
| 11. | Н. Н. Жирнова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 2.175 |
| 12. | М. И. Степанова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2.173 |
| 13. | М. М. Щепетова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 2.060 |
| 14. | Р. Ф. Исаева | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2.060 |
| 15. | М. П. Порфирьева | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 2.042 |
| 16. | О. А. Лебедева | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2.033 |
| 17. | П. В. Заплаткина | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 2.015 |
| 18. | М. Ф. Петрова | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 1.998 |
| 19. | А. И. Лебедева | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 1.997 |
| 20. | А. С. Титова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.964 |
| 21. | Т. Н. Крылова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.950 |
| 22. | Г. Данилова | Елчĕк районĕнчи «Трактор» колхоз | 1.943 |
| 23. | У. В. Галкина | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.928 |
| 24. | М. Н. Маркина | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.899 |
| 25. | М. Я. Кочеткова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.879 |
| 26. | В. Ф. Быкова | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.855 |
| 27. | М. Ф. Ганюшина | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.843 |
| 28 | Н. И. Возовенкова | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.841 |
| 29. | Т. Н. Шмелева | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.765 |
| 30. | Н. Е. Пугачева | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.737 |
| 31. | М. И. Филиппова | Шупашкар районĕнчи «Красный Флот» колхоз | 1.721 |
| 32. | Е. Г. Юхтанова | Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.715 |
| 33. | А. Ф. Филиппова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.715 |
| 34. | В. Р. Спаскина | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.714 |
| 35. | Г. В. Оборина | Çĕмĕрле районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.702 |
| 36. | Е. Г. Блашенкова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.687 |
| 37. | М. З. Арлашкина | Пăрачкав районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.681 |
| 38. | А. Н. Александрова | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.675 |
| 39. | А. И. Шарова | Елчĕк районĕнчи «Вперед» колхоз | 1.665 |
| 40. | М. Е. Порфирьева | Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.661 |
| 41. | М. А. Силантьева | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1.657 |
| 42. | М. А. Тайрукова | Шăмăршă районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.651 |
| 43. | П. Е. Потапова | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 1.648 |
| 44. | М. М. Демидова | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 1.648 |

(Юлашки пулать).

## Китайри хаçатсем ССР Союзĕнче халăх хуçалăх планне 1952 çулта тултарни çинчен

ШАНХАЙ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Шанхайра тухакан пур хаçатсем те СССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ СССР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли плана 1952 çулта тултарни çинчен пĕлтернине пичетлесе кăларнă.

Çак пĕлтерни, тесе сырать «Синьвэньжибао» хаçат, социализм çĕршывĕн халăх хуçалăхĕ питех те пысăк çитĕнÿсем туни çинчен калать. Коммунизм патне куçма кирлĕ материальнăй никĕс тумалли çинчен Сталин юлташ кăтартса панисене совет халăхĕ пурнăçа кĕртсе пырать.

«Китай халăхĕ, — тесе сырать юлашкинчен хаçат, — совет халăхĕпе пĕрле унăн çитĕнĕвĕсемшĕн савăнать. Халĕ, эпир хамăрăн пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăннă вăхăтра, совет халăхĕсен çитĕнĕвĕсем пирĕншĕн пример пулса тăрассĕ тата пире малалла пымалли çула кăтартса парассĕ».

## Китайри государство хуçалăхĕсен çитĕнĕвĕсем

ШАНХАЙ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Чжэцзянжибао» хаçат çапла пĕлтерет: Чжецзян провинцийĕнчи государство хуçалăхĕсем юлашки виçĕ çул хушшинче тата уйрăмах 1952 çулта пысăк çитĕнÿсем тунă. Провинцире государство хуçалăхĕсемпе опытлă уйсем 300 яхăн шутланаççĕ. Ялхуçалăх производствине вăйлатассипе патриотла юхăм анлă сарăлнă май, государство хуçалăхĕсем 1952 çулта вăйлă тырпул пухса кĕртнĕ. Тырпул тухăçĕ 1951 çулхинчен 52 процент пысăкрах пулнă.

Нумай хуçалăхсенче малта пыракан агротехникăна пурнăçласа тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Пысăк çитĕнÿсем туса, провинцири государство хуçалăхĕсем таврари ялсенчи хресченсем хушшинче ялхуçалăхĕнчи малта пыракан опыта сарма нумай пулăшнă.

## Румынири профсоюзсен виççĕмĕш съезчĕ

БУХАРЕСТ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Бухарестра Румынири профсоюзсен виççĕмĕш съезчĕ уçăлнă.

Съезда Пĕтĕм Румынири ĕç конфедерацийĕн исполкомĕн председателĕн заместителĕ Михай Мужик уçнă. Вăл Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполкомĕн Луи Сайян ертсе пыракан делегацине, Совет Союзĕнчи, Китайри, Японири, Демократиллĕ Германи Республикинчи, Италири, Польшăри, Индонезири, Чехословакири, Грецири, Венгрири, Чилири тата Болгарири профсоюзсен делегацийĕсене саламланă. Çав вăхăтра пурте тăвăллăн алă çупнă.

Съезд делегачĕсем пысăк хавхаланупа хисеплĕ президиума Румыни халăхĕн чи лайăх тусне И. В. Сталин юлташа, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Президиумĕн членĕсене, Румынири рабочисен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Г. Георгиу-Деж ертсе пыракан Политбюровĕн членĕсене, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн ди Витторио ертсе пыракан исполкомĕн членĕсене суйласçĕ.

Пĕр сасăпа пулса çакăн пек кун йĕрки йышăнасçĕ: 1. Пĕтĕм Румынири ĕç конфедерацийĕн исполкомĕн тата ревизи комиссийĕн отчечĕ; 2. Профсоюзсен çĕнĕ уставĕ çинчен; 3. Центральнăй Совета тата Центральнăй ревизи комиссине суйласси.

Румынири рабочисен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе съезд делегачĕсене Центральнăй Комитетăн Политбюровĕн членĕ Кишу Стойка, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполкомĕ ячĕпе — Луи Сайян саламланă.

Кун йĕркинчи пĕрремĕш ыйтупа Пĕтĕм Румынири ĕç конфедерацийĕн исполкомĕн председателĕ Стелиан Морару доклад тунă.

## Монголи халăхĕ маршал Чойбалсана асăнса хисеплет

УЛАН-БАТОР, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи халăхĕ хăйĕн çулпуçĕ маршал Чойбалсан вилнĕренпе çулталăк çитнине паллă тунă. Паян кăнтăрла ĕçсыннисене Чойбалсан ÿтне хунă вырăна кĕме ирĕк панă. Рабочисем, инçетрен килнĕ аратсем, интеллигентсем унта кĕрсе тухнă. Маршал Чойбалсан ÿчĕ выртакан вырăна чечек çыххисем нумай хунă.

ССР Союзĕн Монголи Халăх Республикинчи Посолĕ Иванников, Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Посолĕсем чечек çыххисем хунă.

Паян каçхине Улан-Баторта Аслă Халăх Хуралĕн Президиумĕн, Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн, Улан-Батор хулинчи Хуралăн тата Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн хула комитечĕн, партипе обществăллă организацисен, Монголи çарĕпе хулари ĕçсыннисен представителĕсемпе пĕрле, маршал Чойбалсан вилнĕренпе çулталăк тултарнă май ирттернĕ хурлăхлă чаплă ларăвĕ пулнă. Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Дамба «Маршал Чойбалсан хушса хăварнисене пурнăçланипе» ятлă доклад туса панă.

Ларура пулнисем пысăк хавхаланупа пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçĕ И. В. Сталин юлташ патне çыру яма йышăннă.

## Вьетнамра ялхуçалăхĕ аталанни

ПЕКИН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Вьетнам хресченĕсем юлашки 12 уйăх хушшинче çĕре шăварас ĕçе вăйлатас тата типĕ çанталăк хăрушлăхĕпе кĕрешес тĕлĕшпе нумай вăй хунă. Çавна пула кăçал Вьетнамра тырпул лайăх пуласси палăрнă. 23 провинцирен илнĕ сведенисем çакна кăтартса параççĕ: хресченсем ирригаци сооруженийĕсем тăвас тата типĕ çанталăк хăрушлăхне пĕтерес тĕлĕшпе чаплă çитĕнÿсем тунă. Центральнăй Вьетнамри Тань-Хоа, Ха-Тинь тата Но-Хиан провинцийĕсенче хресченсем 249 дамба тата 303 кÿлĕ тунă. Çав дамбăсемпе кÿлĕсем рис акнă 16 пин гектар çĕр лаптăкне типĕ çанталăкран хÿтĕлеме пулăшассĕ.

Çурçĕр Вьетнамри 7 провинцире пĕчĕк ирригаци сооруженийĕсене пысăклатнă. Çавна май 1952 çулта тырпул акмалли çĕр лаптăкĕ 3.241 гектар чухлĕ ÿснĕ.

Центральнăй Вьетнамри Нинь-Бинь провинцийĕнче 22 километр тăршшĕ Баки каналне туса пĕтерни çĕнĕрен 3 пин гектар ытла çĕре шăварса тăма, рис ытларах туса илме май панă. Центральнăй Вьетнамра Фу-Ен провинцийĕнче, ирригаци сооруженийĕсем туса, акмалли çĕр лаптăкне пысăклатнă. Çакăн хыççăн рис тухăçлăхĕ 9 пин тонна ÿснĕ.

## И. В. Сталин произведенийĕсене Чехословакире пичетлесе кăларассĕ

ПРАГА, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Свобода» ятлă издательство И. В. Сталин Сочиненийĕсен Х-мĕш томне чехла пичетлесе кăларнă. Кĕнеке тиражĕ — 120 пин экземпляр.

## Чехословакире пурăнмалли çуртсем тăвассĕ

ПРАГА, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки Халăх Республикин правительстви ĕçсыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн яланах тăрăшать. Профсоюзсен Центральнăй Совечĕ пĕлтернĕ тăрăх, 1952 çулхи виçĕ квартал хушшинче кăна çĕршыври рабочисемпе служащисем çĕнĕрен 19.749 хваттер илнĕ. Паян «Руде право» хаçат республикăри çĕр кăмрăкĕ кăларакан районсенче пурăнмалли çурт-йĕр тăвас ĕç мĕнле пыни çинчен çырать. Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çав районсенче шахтерсем валли çуртсем нумай тăвассĕ.

Шахтерсен çĕнĕ поселокĕсем вăрçă чченхи Чехословакири шахтерсен япăх хулисенчен пачах уйрăлса тăрассĕ.

Подкрконошра шахтерсен Ртыне поселокĕ хăвăрт ÿсет.

Шахтерсемпе металлургсен хулине — Кладно хулине тăвассĕ. Унта иртнĕ çулта рабочисем валли 498 хваттер тунă. Çитес икĕ çул хушшинче Кладно хулинче 13 хутлă пурăнмалли çуртсем улттă, ача яслисемпе ача сачĕсем, çĕнĕ шкулсем тата ытти çуртсем те тăвассĕ.

## Италире суйлав системин „реформине“ хирĕç тăрассĕ

РИМ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС) «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, правительство суйлав системине улăштарма демократие хирĕçле «реформа» проекчĕ хатĕрленине хирĕç протестлесе, январĕн 25-мĕшĕнче Италире халăх çĕршер митинг ирттернĕ.

Италири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕн заместителĕ Пьетро Секкья Болоньери митингра тухса каланă Вăл çапла каланă: правительство суйлав системине улăштарма реформа проекчĕ тунине хирĕç пыракан кĕрешÿ пуçланать кăна, ку кĕрешÿ сенатра, çавăн пекех мĕнпур çĕршывра вăйланса пырĕ.

Предприяти хуçисем политикăллă забастовкăсене хутшăнакан ĕçсыннисем тĕлĕшпе фашистла тĕрлĕ мерăсем йышăнма хăтланаççĕ. Çав мерăсене рабочи класс пĕтерсе лартĕ. Коммунистсен партийĕ тата унăн союзникĕсем демократипе конституци тăшманĕсен çулне пÿлсе лартĕç, тенĕ Секкья.

Италири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕн заместителĕ Луиджи Лонго Миланри митингра тухса каланă чухне çакна палăртнă: хальхи вăхăтра парти членĕсем, 1921 çулхипе танлаштарсан, 50 хут нумайрах. Çак вăй, тенĕ Лонго, фашизма пулăшса тăнă реакци тепĕр хут пуç пулса тăма тăрăшнине хирĕç пыракан кĕрешÿре Итали халăхне ертсе пырать.

Флоренцире, Неапольре, Туринра тата ытти нумай хуласенче те пысăк митингсем пулса иртнĕ.

## ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ ФАШИЗМА ХИРĔÇ ПĔРЛĔХЛĔ ФРОНТ ТУМА ЧĔННĔ

БЕРЛИН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕлĕк Бухенвальдри концентрационнăй лагерьте пулнă çынсен комитечĕн председателĕ Вальтер Бартель Берлинри радио тăрăх тухса каланă. Вăл Хĕвеланăç Германире пурăнакан, ĕлĕк фашизма хирĕç кĕрешнĕ çĕре хутшăннă тата концентрационнăй лагерьсенче пулнă çынсене, Аденауэр вăрçа хатĕрленнĕ май Хĕвеланăç Германире фашизма хирĕç кĕрешмелли пĕрлĕхлĕ фронт организацилеме чĕнсе каланă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле иртнĕ кун хушшинче Чхолвоньрен çурçĕр-хĕвеланăçнерехре Америкăпа Англи интервенчĕсене хирĕç çапăçнă. Тăшманăн пĕр полк чухлĕ салтакĕсем виçĕ хутчен Халăх çарĕсен позицийĕсене атакăланă. Тăшман салтакĕсене вуншар самолетсем тата 40 танк ытла пулăшнă. Анчах та халăх çарĕсем тăшман атакисене сирсе янă, тăшманăн салтакĕсемпе техникине чылай пĕтернĕ.

Январĕн 25-мĕшĕнче каçхине Америкăн «В-29» йышши бомбардировщикĕсем Яндок районĕнчи мирлĕ ялсем çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем çук пулин те, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай, вуншар çуртсем ишĕлнĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Америка авиацийĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахать

ПХЕНЬЯН, январĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Корейăри хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма чарăнмасть. Январĕн 24-мĕшĕнче çĕрле 2 сехетрен пуçласа Америкăн «вĕçекен крепость» йышши вуншар бомбардировщикĕсем каллех Пхеньян çине бомбăсем пăрахнă. Бомбăсем Хĕрлĕ Хĕрес Обществин амбулаторине, ача садне, сывлăх тата обществăллă ытти учрежденисем вырнаçнă çуртсене ишĕлтернĕ. Сывлăшран пырса тапăннине пула, çĕр çын ытла вилнĕ е аманнă, вăл шутра 36 ача пур. Çĕршер çынсем çурт-йĕрсĕр тăрса юлнă. Январĕн 24-мĕшĕнче ирхине Америка самолечĕсем Пхеньян çывăхĕнчи поселоксем çине бомбăсем нумай пăрахнă. Сиен курнă çынсене хулари халăх комитечĕ пулăшу парать.

Корейăри Центральнăй телеграф агентстви Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Вонсан, Саривонь, Анчжу, Синьчхонь хулисем çине тата ытти хуласемпе ялсем çине тăтăшах тискеррĕн бомбăсем пăрахни çинчен пĕлтерет.

Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Çурçĕр Ххенан провинцийĕнчи Павчон уесчĕ çине темиçе хутчен вĕçсе пынă, 5 кун хушшинче магнитлă минăсем пин ытла пăрахнă. Çав минăсене, ачасене вĕлерес шутпа, автоматла ручкăсем тата ачасене вылямалли япаласем евĕрлĕ тунă.

## Синьхуа агентстви Америка империалисчĕсен Корейăри ирсĕр ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларать

ПЕКИН, январĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Корея фронтĕнчен пĕлтернĕ хыпарта çапла каланă:

Шанчăклă çынсем пĕлтернĕ тăрăх, Америка агрессорĕсем, çĕнĕ вăрçă авантюрисем тума хатĕрленсе, иртнĕ çулăн юлашки уйăхĕсенче Çурçĕр Корейăна ятарласа вĕрентнĕ агентсемпе шпионсем нумай яма тытăннă. Анчах та çав агентсене халăх çарĕсем çийĕнчех тытнă. Вĕсене тытма гражданла халăх пулăшнă. Ичоньре, Коксаньре тата Яндокра самолетсем çинчен пăрахнă шпионсене пурне те виçĕ кун хушшинче—иртнĕ çулхи сентябрĕн 25-мĕшĕпе 27-мĕшĕсенче арестленĕ. Çав шпионсем Америкăн Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсен аллинчи иккĕмĕш десантно-диверсиллĕ ушкăнра пулнă. Арестленĕ шпионсем çакна йышăннă: вĕсене Халăх çарĕн резерври чаçĕсем ăçта тăнине, аэродромсемпе ытти çар объекчĕсем хăш вырăнта пулнине пĕлме, çавăн пекех тĕп çулсене аркатма, пăравуссемпе чугун çул депоВĕсене тата ыттисене сирпĕтме хушса янă.

Шпионсен çумĕнче автоматсем, винтовкăсем, взрыв тумалли япаласем, минăсем, радиопередатчиксем, çар карттисем пулнă.

Хăшпĕр шпионсене Корея Халăх çарĕн боецĕсем пек тумлантарнă, хăшĕсене—Китай халăх добровольцĕсен формине тăхăнтартнă, хăшпĕрисене вара студентсем пек тумлантарнă. Шпионсене Çурçĕр Корейăна тĕрлĕ майпа ярассĕ. Вĕсенчен хăшпĕрне самолетсем çинчен пăрахассĕ, хăшпĕрисене тинĕс урлă илсе пырса ярассĕ. Хăшпĕр шпионсем фронт линийĕ урлă каçассĕ.

## Америка агрессорĕсен çĕнĕ провокацийĕ

ПЕКИН, январĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Америка командованийĕ Паньмыньчжоньре çĕнĕ провокаци тунă: январĕн 23-мĕшĕнче каçхине 8 сехет те 40 минутра конференци ирттерекен вырăна тупăсенчен пенĕ. Перемири пирки калаçусем ирттерекен районта снаряд катăкĕсене 70 ытла тупнă Америка правительстви иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнче Корейăра перемири тăвасси çинчен пыракан калаçусене чарса лартнă хыççăн, конференци ирттерекен нейтральнăй район çине тăваттăмĕш хут ĕнтĕ артиллерирен пенĕ.

### АМЕРИКĂН КОРЕЙĂРИ САЛТАКĔСЕНЕ СУД ТУНИ ÇИНЧЕН

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Сеулти корреспонденчĕ пĕлтернинче çапла каланă: главнăй çар трибуналĕ çапăçăва кĕме килĕшменшĕн малтан пĕлтернĕ пек 65-мĕш полкри 88 салтака мар, 92 салтака суд тунă.

### АЛЖИРТА МУНИЦИПАЛИТЕТĂН ДЕМОКРАТИЛЛĔ СОВЕТНЕ САЛАТСА ЯНĂ

ПАРИЖ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Франци правительстви Сиди-Бель-Аббес хулинчи (Алжир) Рене Жюстрабо ертсе пыракан муниципальнăй совета каллех салатса янă Çак хулари çынсем суйлав вăхăтĕнче мэр пулма коммуниста шаннине кăтартса панă. Çавăн хыççăн Франци влаçĕсем муниципалитетăн демократиллĕ советне икĕ хутчен салатса янă.

### ИНДИ ПРЕЗИДЕНЧĔ КАЛАНИ

ПАРИЖ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Делирен çапла пĕлтерет:

Радиопа каланă сăмахра Инди президенчĕ Раджендра Прасад Инди «мĕнпур йышши çар союзĕсене» е çĕршывсен блокĕсене хутшăнма шутламанни çинчен каланă. Хаçатсенче Пакистан Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи оборона союзĕ çумне пĕрлешме шутлани çинчен хыпарсем пулнă. Инди президенчĕ çавăн пек плана пĕтĕмĕшпех сивленĕ.

## НЬЮ-ЙОРКРИ АВТОБУС ВОДИТЕЛĔСЕН ЗАБАСТОВКИ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Нью-Йоркра хула транспортĕнчи автобус водителĕсем забастовка тума чарăнмассĕ. Ку забастовка çĕнĕ çул умĕн пуçланнă. Забастовкăна 8 компанире ĕçлекен рабочисем 8 пин çын ытла хутшăнассĕ. Çав компанисем забастовка пуçланиччен куллен 3 миллион çын ытла лартса çÿренĕ.

Çак компанисенче ĕçлекенсем транспорт çинчи рабочисен пĕрлешнĕ профсоюзне кĕрессĕ. Рабочисем ĕç условийĕсене лайăхлатма, ĕç укçине чакармасăрах ĕçлемелли вăхăта пĕчĕклетме, таварсем хакланнă май ĕç укçине ÿстерме ыйтассĕ.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, автобус водителĕсен ĕç условийĕсем питĕ йывăр. «Дейли уоркер» хаçат çырнă тăрăх, «Фифс авеню коуч компанин» администрацийĕ пĕр çыннах водитель ĕçне те, кондуктор ĕçне те тутарать.

Забастовка тăвакан рабочисем тĕрĕс требованисем лартнă пулин те, рабочисене эксплуатацилесе пысăк тупăш илекен компанисем çав требованисене тивĕстерме килĕшмессĕ. «Нью-Йорк пост» хаçат çырнă тăрăх, автобус компанийĕсем 1952 çулта питĕ пысăк тупăш илнĕ. Сăмахран, «Нью-Йорк сити омнибус корпорейшн» компани 1952 çулта 200 пин доллар тупăш илнĕ. Ку вăл компани хывнă пĕтĕм капиталăн 13 процентчĕ чухлĕ пулать. Виççĕмĕш Авеньюра „ĕçлекен компани пĕр миллион доллара яхăн тупăш илнĕ.

Забастовка пуçланнă хыççăнах, хула влаçĕсем ăна чарса лартма тĕрлĕ мерăсем йышăнма хăтланнă, мĕншĕн тесен забастовка пирки хула транспорчĕн 25 проценчĕ ĕçлемест. Анчах та забастовка тăвакан рабочисем влаçсен сĕнĕвне йышăнман. Çав сĕнÿсем компанисемшĕн кăна усăллă пулнă.

Профсоюз руководителĕсем тата унăн председателĕ Куилл сутăнчăкла политика тытса пыраççĕ. Забастовка тăвакан рабочисем мĕнпур хула транспортĕнче забастовка пуçлама сĕнеççĕ, анчах та профсоюз руководителĕсем вăл сĕнĕве йышăнмаççĕ.

Нью-Йорк хулинче транспортниксен забастовки пынă вăхăтра Куилл ятарласа Филадельфие, унта хула транспортĕнче ĕçлекен 10 пин рабочи ытла тăвакан забастовкăна чарса лартма, тухса кайнă.

## Ньясалендри негрсен çулпуçĕ калани

ЛОНДОН, январĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, вăтам Африкăра федераци тăвассине хирĕç протестлеме Англие Ньясалендран делегаци пынă. Январĕн 23-мĕшĕнче çав делегаци членĕ Мбервва çулпуç Лондонра çапла каланă: «Эсир, европеецсем е акăлчансем, Ньясалендра федераци тума тапаçланатăрах пулсан, сирĕн малтан хăвăрăн мĕнпур çар карапĕсене, мĕнпур çарсене унта ямалла пулать тата сирĕн хăвăрăн нумай бомбăсене пăрахса Ньясаленда пĕтерсе тăкма тивет. Мĕнпур хĕрарăмсемпе старейшинăсене, ача-пăчана, мĕнпур çулпуçсене вĕлерсе пĕтерĕр. Çавăн чухне тин эсир хăвăрăн федерацине йышăнтарма пултаратăр. Çакна эпĕ пĕр иккеленмесĕр калатăп».

### АНГЛИ ВЛАÇĔСЕМ КЕНИРИ НЕГРСЕНЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

ЛОНДОН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Найроби хулинчи (Кени) корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă курăнать: ĕнер вăрманлă Абердэр районĕн чиккисенче Кенири негрсене хирĕç питĕ пысăк операци ирттерме тытăннă. Çĕршывра халăх ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм пуçланнăранпа кун пек пысăк операци халиччен ирттермен.

Операцие Ланкаширти пехота батальонĕ тата полицейскисен пысăк отрячĕсем хутшăнаççĕ.

### СУДАНРА АНГЛИ ВРАЧĔСЕНЕ ĔÇРЕН КАЛАРМА ТРЕБОВАНИ ЛАРТНĂ

КАИР, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Аль-Мысри» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Суданри медицина работникĕсен пĕрлешĕвĕ Судан правительстви умне çакăн пек требовани лартнă: правительствăн Суданри врачсем ĕçлеме пултаракан вырăнсенчи Англи врачĕсене 24 кун хушшинче ĕçрен кăларса ямалла. Çак требованипе килĕшмесен, Суданри мĕнпур медицина работникĕсем отставкăна тухасси çинчен коллективлăн заявлени параççĕ.

# Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ. Хĕвел тата Уйăх тĕттĕмленессине мĕнле малтанах пĕлеççĕ?

В. Иванов, Канаш районĕнчи Асхва ялĕ.

ОТВЕТ. Çĕр Хĕвел тавра пĕр чарăнмасăр хăй çулĕпе (орбитипе) куçса çÿрет, Уйăх пĕрмаях Çĕр тавра куçать. Уйăхăн хăйĕн çути çук. Уйăх, Çĕр, Хĕвел хăш чухне виççĕшĕ те пĕр тÿрĕ лини çине лекме пултараççĕ. Уйăх Хĕвелпе Çĕр хушшине лексен, Уйăх мĕлки Çĕр çине лекет. Уйăх мĕлки лекнĕ вырăнсенчи çынсем Хĕвеле кураймаççĕ, вĕсемшĕн вара Хĕвел тĕттĕмленни пулать. Тата икĕ эрне иртсен Çĕр мĕлки Уйăх çине лекекен вăхăт çитет, вара Уйăх тĕттĕмленет.

Халĕ астрономсем Уйăх Çĕртен миçе километрта çÿренине, хăй орбити тăрăх миçе сехетре пĕрре çаврăннине лайăх пĕлеççĕ. Çавăнпа Уйăх хăçан Çĕр мĕлкине лекессине, Уйăхăн мĕлки хăçан Çĕр çийĕнчен куçса пыма пуçланине лайăх шутласа илме пултараççĕ. 346,6 талăк иртиччен Хĕвелпе Уйăх тĕттĕмленмелли условисем иккĕ пулса иртеççĕ. Пĕринче Хĕвел икĕ хут тĕттĕмленме пултарать, Уйăх пĕрре тĕттĕмленет. Теприччĕ те çавăн пекех Хĕвел икĕ хут тĕттĕмленме пултарать. 346.6 талăк 365 талăкран сахалрах пулнипе, пĕр çул иртиччен Хĕвел тата тепĕр хут тĕттĕмленме пултарать. Çапла çулталăк иртиччен Хĕвел пилĕк хут та тĕттĕмленме пултарать.

Уйăх та çулталăкра виççĕ тĕттĕмленме пултарать. Хăш çул Хĕвел пилĕк хут, Уйăх икĕ хут; е Хĕвел тăватă хут, Уйăх виçĕ хут тĕттĕмленме пултарать. Кун пеккине чи нумай тĕттĕмленни темелле, кунтан ытла вĕсем тĕттĕмленеймеççĕ. Хăш çулта Уйăх пĕрре те тĕттĕмленмест, Хĕвел икĕ хут çеç тĕттĕмленет. Кун пек тĕттĕмленнине чи сахал тĕттĕмленни темелле.

Çапла хут те хăш çул та Хĕвел иккĕрен кая тĕттĕмленмест. 6.585 талăк иртиччен Хĕвел 43 хут, Уйăх 28 хут тĕттĕмленет. 6.585 талăк та 8 сехете авалхи вавилонянсен ученăйĕсем сарос тенĕ. Хĕвел тĕттĕмленесси виçĕ тĕслĕ пулать. Пĕрне пĕтĕмĕшпех тĕттĕмленнĕ чухне ăна темиçе минут хушши Уйăх пĕтĕмпех хупласа тăрать. Тепĕр чухне Хĕвелĕн пĕр пайĕ çеç тĕттĕмленет. Кун пек чухне вара Хĕвел пĕр вăхăтра çурла пек курăнать, пĕтĕмпех хупланмасть. Тата хĕвел ункă евĕрлĕ тĕттĕмленет. Кун пек чухне икĕ-виçĕ минут иртиччен Хĕвел çапсута ункă евĕрлĕ пулать.

Уйăх хăй çулĕпе Çĕр тавра çÿренĕ чухне Çĕртен пĕрмай пĕр пек инçĕшре пулмасть. Уйăх чи çывăхри вăхăтра Çĕрпе Уйăх хушши 365 пин километра яхăн, чи инçетре чухне — 407 пин километра яхăн пулать. Уйăх Çĕртен чи аякра чухне вăл çывăхра чунехинчен кăшт пĕчĕкрех курăнать, çавăнпа Хĕвеле талкăшпех хуплаймасть, вара Хĕвел ункăллă тĕттĕмленнине куратпăр. Пĕр сарос срокĕ иртиччен Хĕвел 15 хут пĕтĕмĕшпех тĕттĕмленет, 15 хут унăн пайĕ çеç тĕттĕмленет, 13 хут вăл ункă евĕрлĕ тĕттĕмленет.

Уйăх та хăш чухне пĕтĕмĕшпех тĕттĕмленет, хăш чухне унăн пайĕ çеç Çĕр мĕлкине кĕрсе тухать. Сарос срокĕ иртиччен вăл 13 хут пĕтĕмĕшпех тĕттĕмленет, 15 хут унăн пайĕ çеç тĕттĕмленет.

Сарос срокĕ иртиччен Хĕвелпе Уйăх хăçан тĕттĕмленнине çырса, пырсан, вĕсем малашне хăçан тĕттĕмленмеллине шутласа илме пулать. Тĕслĕхрен, эпир 1953 çулта январь уйăхĕн 30-мĕш кунĕнче ирхине 2 сехет те 4 минутра Уйăх тĕттĕмленнине сăнанă тейĕпĕр (Мускав вăхăчĕпе). Çак вăхăт çумне 6 585 талăк та 8 сехет хушатпăр, вăл 18 çулран кăштах ытларах пулнине асăнса малтан 18 çул çеç хушатпăр, пирĕн вара 1971 çулти январĕн 30-мĕшĕ пулать. Кашни çулта 365 талăк çеç шутласан 18 çулта 6.570 талăк пулать. 1953 çултан пуçласа 1971 çула çитиччен тăватă çул: 1956, 1960, 1964, 1968 çулсем високоснăй çулсем пулассĕ, вĕсенче пĕрер кун ытларах. Çавăнпа та 6.570 çумне 4 талăк хушсан, 1953 çулхи январĕн 30-мĕшĕнчен пуçласа 1971 çулхи январĕн 30-мĕшне çитиччен 6.574 кун иртет Сарос срокĕ тулма тата 11 талăк та 8 сехет хушатпăр та 1971 çулти февралĕн 10-мĕшĕнче 10 сехет те 4 минута тупатпăр. Эпир шутланипе 1971 çулта февраль уйăхĕн 10-мĕшĕнче 10 сехет те 4 минутра Уйăх тĕттĕмленмелле тухрĕ. Çак кун чăнах та Уйăх тĕттĕмленет, вăл эпир тупнă вăхăтран 1 минут маларах пуçланать, 10 сехет те 3 минутра Уйăх Çĕр мĕлкине кĕрсе çитет. Çапла сарос срокĕпе усă курса эпир Хĕвелпе Уйăх хăçан тĕттĕмленессине пĕлме пултаратпăр, анчах тĕрĕсех пĕлеймеcтпĕр. Саросçа Хĕвелпе Уйăх тĕттĕмленессин кунне тĕрĕсех тупма пулать, сехечĕпе минутсене тĕрĕсех тупма май килмест. 1971 çулти февралĕн 10-мĕшĕнче 10 сехетре Уйăх тĕттĕмленнине пирĕн тавралра пурăнакансем сăнаса илме пултараймаççĕ, вăл вăхăтра пирĕн патăрта тăр кăнтăрла пулать, Уйăх курăнмасть. Халĕ хамăр тупнă вăхăт çумне татах сарос срокне хушса 1989 çулти февраль уйăхĕн 20-мĕш кунĕнче 18 сехет те 4 минут патне çитетпĕр. Çак кунта 17 сехет те 59 минутра чăнах Уйăх тĕттĕмленмелле. Эпир шутланинчен вăл пилĕк минут маларах пулать. Ăна пирĕн вырăнта пурăнакансем курассĕ. Сарос срокĕ çинчен авалхи халăхсем—египтянсем, вавилонянсем, грексем пĕлнĕ. Сарос вăхăчĕпе усă курса Хĕвел е Уйăх тĕттĕмленессине Индири тата Китайри ученăйсем таççан авалах чылай малтан шутласа пĕлтерме пултарнă.

Хĕвел тĕттĕмленессине те малтанах саросра шутласа илме май килет. Уйăх мĕлкин сарлакăшĕ 200 километртан ытларах пулаймасть. Çавăнпа Хĕвел тĕттĕмленнине Çĕр çинче пур вырăнтан та курма май килмест. Тĕслĕхрен, 1955 çулти июнĕн 20-мĕш кунĕнче 7 сехетре Хĕвел пĕтĕмĕшпех тĕттĕмленет, ăна Инди океанĕ çинчи халăхсем çеç курма пултараççĕ. Вăл вăхăтра пирĕн патăрта Хĕвел курăнать пулсан та, эпир Хĕвел тĕттĕмленнине сăнаймастпăр, мĕншĕн тесен Уйăх мĕлки пирĕн пата çитеймест. Сарос срокне хушса эпир 1973 çулти июнь уйăхĕн 30-мĕш кунĕнчи 1 сехете тупатпăр. Çак вăхăтра пирĕн патра кăнтăрла пулать, çапах та эпир Хĕвел тĕттĕмленнине курмасăрах юлатпăр. Ăна Кăнтăр Америкăра тата Африкăра пурăнакан халăхсем çеç сăнама пултараççĕ, Уйăх мĕлки Африкăпа Кăнтăр Америка çĕршывĕсем çине çеç ÿкет.

Хĕвел хăçан тĕттĕмленмеллине, тата тĕттĕмленни ăçти вырăнсенчен курăнмаллине астрономсем тĕрлĕ математика формулисемпе усă курса шутласа пĕлеççĕ. Ку ĕçе пĕтĕмпех пĕр çын туса пĕтереймест. Пĕр-пĕр астроном ертсе пынипе ытти нумай работниксем шутлаççĕ. Малашне хăçан Хĕвел тĕттĕмленмеллине çеç мар, ĕлĕк-авал Хĕвел хăçан тĕттĕмленнине те хăш чухне питĕ тĕплĕ шутласа илеççĕ. Ĕлĕк-авал Хĕвел хăçан тĕттĕмленнине пĕлни, тĕрлĕ историллĕ фактсене тупма, тĕрĕслеме, кирлĕ пулать.

Ф. КУЗЬМИН.

## Пĕлтерни

Январĕн 28-мĕшĕнче, 20 сехетре, партин Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртĕнче докладчиксемпе агитаторсем валли лекци пулать. Тема: «Совет çыннисен революциллĕ сыхăлăхĕ çинчен».

Лектор—П. К. Громов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-22.

НТ-00945 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.